Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Октябрь 24 шăматкун № 208 (9117) Хакĕ 20 пус. 36-мĕш çул тухать.

**СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ государство, коопераци суту-илĕвне тата колхозла суту-илĕве хăвăрт вăйлатса ярасси партин, советсен тата профсоюзсен мĕнпур органĕсен чи пысăк задачисенчен пĕри пулать, тесе шутлассĕ. Вырăнсенчи совет, парти тата профсоюз организацийĕсен магазинсемпе столовăйсен ĕçне куллен-кун тĕрĕслесе тăрассине пурнăçламалла, советла суту-илӳ принципĕсене пăснисене хирĕç татăклăн кĕрешмелле, магазинсемпе столовăйсен ĕçĕнчи палăртнă çитменлĕхсене пĕтерме мерăсем вăхăтра йышăнмалла, халăхшăн ĕçлессине пĕрмаях лайăхлатса пымалла.**

*СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ йышăннă Постановленирен.*

## СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитетĕнче

# Советла суту-илĕве малалла аталантарса пымалли мерăсем çинчен

Халăха куллен кирлĕ таварсене халăх валли нумай парса тăрас тата рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин, мĕнпур совет çыннисен пурнăçне малалла лайăхлатса пырас задачăна халех пурнăçлас ĕçре тавар çаврăнăшне мĕнпур майсемпе ӳстерсе пыни тата государство, коопераци суту-илĕвне, колхозла суту-илĕве лайăхлатни уйрăмах пысăк вырăн йышăнать.

Социализм вăхăтĕнче суту-илӳ потреблени япалисене социализмла общество членĕсем хушшинче валеçсе тăмалли тĕп форма пулса тăрать тата нумай вăхăт хушши çаван пек пулĕ, ĕççыннисем хăйсене кирлĕ япаласене суту-илӳ урлă илсе тăраççĕ.

Хальхи вăхăтри задача çакăн пек: советла суту-илӳве хăвăртрах малалла аталантармалла, çапла вара çывăхри 2—3 çул хушшинче халăха кирлĕ таварсене кашни хулара тата яллă вырăнти кашни районта пĕр чăрмавсăр сутса тăмалла туса çитермелле, тавар илекенсемшĕн лайăхрах тăрăшмалла тата тавар илекенсен ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтермелле, техникăпа лайăх пуянлатнă кучухнехи суту-илӳ предприятисем нумай уçмалла тата куллен кирлĕ япаласен ӳссе пыракан хисепне — промышленноçпа ялхуçалăхĕ туса кăларакан япаласене тавар илекенсем патне хăвăрт çитерессине организацилемелле.

Пирĕн çĕршывра тавар çаврăнăшĕ пĕрмаях ӳссе пырать, анчах чылай таварсем халăх валли çителĕклĕ мар-ха. Суту-илĕве организацилес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур, вĕсем суту-илĕве малалла аталантарса пыма тата халăхшăн ытларах тăрăшассине пурнăçласа пыма чăрмантараççĕ.

Суту-илӳ организацийĕсем халăха мĕнле таварсем кирлине япăх тĕпчесе вĕренеççĕ тата таварсене валеçсе парас, таварсем кӳрсе килес ĕçре пысăк йăнăшсем тăваççĕ. Чылай районсенче халăха кирлĕ мĕнпур йышши таварсемпе суту-илӳ тăвассине халĕ те йĕркелесе çитермен; çĕршывра çителĕклĕ таранах пур таварсем те суту-илӳ организацисенче çитменни пулать.

Суту-илӳ организацийĕсем халăха кирлĕ таварсем ытларах туса кăларас тата таварсен пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе промышленноçа сахал хистеççĕ, суту-илӳ предприятийĕсене япăх, халăх илмен таварсем кӳрсе пынипе хирĕç çителĕклĕ кĕрешмеççĕ.

Ваккăн суту-илӳ тăвакан предприятисене организацилес тата вырнаçтарса тухас енĕпе чылай пысăк çитменлĕхсем пур.

Суту-илӳ предприятийĕсен хальхи вăхăтра суту-илӳ тума кирлĕ оборудовани, холодильниксем тата суту-илӳ инвентарĕ çителĕксĕр, таварсене сыхласа усрама, сортласа хатĕрлеме тата суту-илӳ предприятийĕсене план тăрăх парса тăма кирлĕ складсем çук. Складсенче таварсене тиес, пушатас ĕçсене, вăйĕ нумай ыйтакан ытти ĕçсене те механизацилемен.

Обществăлла апатлану ĕçне организацилесси халăхăн ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме кирлинчен кая юлнă. Чылай хуласемпе рабочисен поселокĕсенче столовăйсен, чайнăйсен, закусочнăйсен тата ытти предприятисен шучĕ çителĕксĕр. Обществăлла апатлану предприятийĕсенче нумайăшĕнче апатланма пыракансемшĕн лайăхрах тăрăшас тесе сахал ĕçлеççĕ, апатланма пыракансен апат тата закускăсем парассине кĕтсе нумай вăхăт иртмелле килет. Нумай çĕрте яланах пĕр йышши апат хатĕрлеççĕ тата хатĕрленĕ апатсен пахалăхĕ çителĕклĕ мар. Обществăлла апатлану предприятийĕсен апат хатĕрлемелли оборудованийĕ тата холодильниксем çителĕксĕр, чылай чухне лайăх савăт-сапа тата столовăйра кирлĕ приборсем çителĕклĕ пулмаççĕ.

Ялти суту-илӳ колхозсемпе колхозниксен ыйтăвĕсене тивĕçтерме кирлинчен чылай кая юлса пырать. Яллă вырăнсенче халăха куллен кирлĕ таварсем, çавăн пекех тата хуçалăхра кирлĕ таварсем: йывăç, кирпĕч, черепица тата ыттисем те сутассине çителĕксĕр организациленĕ.

Нумай районсен центрĕсенче потребительсен кооперацийĕн универсальнăй магазинĕсем çук. Ялан ĕçлекен лавккасемпе магазинсем уçман пĕчĕк ялсенчи халăха тавар парса тăрассине япăх туса пыраççĕ.

Потребительсен кооперацийĕн организацийĕсем кооперативсен ĕçне тата суту-илӳ ĕçне контроллесе тăрас ĕçе активлă туса пыма пайщиксене сахал хутшăнтараççĕ.

Колхозла суту-илĕве аталантарса пырас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Колхозсемпе колхозниксен ытлашши юлакан, хула халăхне кирлĕ ялхуçалăх продукчĕсене сутăн илсе хатĕрлессине япăх организациленĕ.

Советла суту-илĕве аталантарассине хăвăрт пурнăçлас тесе, СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ çапла йышăннă:

## I.

## Тавар çаврăнăшне малалла аталантарса пырасси тата суту-илӳ ĕçне организацилессине лайăхлатасси çинчен

1. 1954 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, государство тата коопераци суту-илĕвĕнче ваккăн сутакан таварсен çаврăнăшне, пилĕк çуллăх план тăрăх 1955 çулта 70 процент ӳстерме палăртни вырăнне, 72 процент ӳстерес (танлаштармалли хаксемпе), урăхла каласан, пилĕк çуллăх план тăрăх палăртнă задание 1954 çултах ирттерсе тултарас; ваккăн сутакан таварсен çаврăнăшне 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, икĕ хута яхăн ӳстерес.

2. 1954 тата 1955 çулсенче халăха апат-çимĕç таварĕсемпе промышленность таварĕсем сутассине чылай ӳстерес, 1955 çулта, пилĕк çуллăх план тăрăх кăтартса панă заданирен ирттерсе, рыноксенче сутмалли тавар фончĕсене, 1950 çулхипе танлаштарсан, çакăн чухлĕ ӳстермелле тăвас:

| | Пилĕк çуллăх план тăрăх 1955 çул тĕлне ӳстермелле пулнă | 1955 çул валли çĕнĕ задани |
|---|---|---|
| Аш-какай продукчĕсем | 90% | 2,3 хут |
| Пулă продукчĕсем | 70% | 2,1 хут |
| Выльăх-чĕрлĕх çăвĕ | 70% | 1,9 хут |
| Сыр | 2 хут | 2,2 хут |
| Ӳсентăран çăвĕ | 2 хут | 2,6 хут |
| Сахăр | 2 хут | 2,3 хут |
| Виноград эрехĕ | 2 хут | 2,4 хут |
| Тумтир | 80% | 2,4 хут |
| Пир-авăр | 70% | 1,8 хут |
| Вăл шутран—çăм тата пурçăн пир-авăр | — | 2,4 хут |
| Чăлхасемпе носкисем | 2 хут | 2,2 хут |
| Трикотаж | 2,2 хут | 2,7 хут |
| Сĕтел-пукан | 3 хут | 4 хут |
| Металран тунă савăт-сапа | 2,5 хут | 4,9 хут |
| Велосипедсем | 3,5 хут | 5,5 хут |
| Çĕвĕ çĕлемелли машинăсем | 2,4 хут | 5,1 хут |
| Радиоприемниксемпе телевизорсем | 2 хут | 4,4 хут |
| Сехетсем | 2,2 хут | 2,6 хут |
| Вăл шутра—алла çыхса çӳремелли сехетсем | — | 4,7 хут |
| Килти холодильниксем, кĕпе çумалли машинăсем, пылесоссем | темиçе хут | 10 хут ытла |

1956 çул тĕлне, 1950 çулхипе танлаштарсан, рыноксенче сутмалли апат-çимĕçпе промышленность тĕп таварĕсен фондне çакăн чухлĕ яхăн ӳстермелле тăвас:

| | |
|---|---|
| Аш-какай продукчĕсем | 2,6 хут |
| Пулă продукчĕсем | 2,3 хут |
| Выльăх-чĕрлĕх çăвĕ | 2,1 хут |
| Ӳсентăран çăвĕ | 2,8 хут |
| Сахăр | 2,4 хут |
| Пир-авăр | 2 хут |
| Атă-пушмак | 2 хут |
| Çĕвĕ çĕлемелли машинăсем | 5,9 хут |
| Велосипедсем | 6 хут |
| Радиоприемниксемпе телевизорсем | 5,3 хут |
| Сĕтел-пукан | 4,8 хут |

3. СССР Суту-илӳ министерствине çак ĕçсене тума хушас:

а) халăха мĕнле таварсем кирлине лайăх тĕпчесе вĕренмелле тата пур енчен те шута илмелле, çак никĕс çинче промышленноçа заказсем парассине пурнăçламалла, таварсен ресурсĕсене тĕрĕс валеçсе памалла тата çĕршыври районсене хăш сезонта мĕнле таварсем кирлине, халăхăн нацилле тата йăла уйрăмлăхĕсене кура мĕнле таварсем кирлине шута илсе таварсем кӳрсе пымалла.

Хуласемпе ялсенчи халăх мĕнле таварсем ыйтнине тĕпчесе пĕлме суту-илӳри мĕнпур тĕп организацисен—курттăмăн тата ваккăн сутакан организацисен, çĕршыври тĕрлĕ районсенчи пысăк магазинсен, оптовăй базăсен майĕсемпе усă курмалла, суту-илӳ организацийĕсем тавар тăратма паракан заявкăсемпе, халăх мĕнле таварсем ыйтасси улшăнса тăнине шута илес тĕлĕшпе ĕçлекен корреспондентсем пĕлтернипе, çавăн пекех суту-илӳ организацийĕсем ирттерекен тавар илекенсен конференцийĕсенче граждансем паракан сĕнӳсемпе усă курмалла;

б) халăх мĕнле таварсем ыйтнине тĕпчесе вĕреннĕ май, халăха кирлĕ таварсем туса кăларакан министерствăсемпе пĕрле, рынока тăратакан таварсен ассортиментне вăхăтран-вăхăта çĕнĕрен пăхса тухмалла, халăх ыйтман таварсене туса кăлармаллах парахас тата вĕсем вырăнне лайăх таварсем туса тытăнас тесе, производство планĕсене çирĕплетнĕ йĕркепе улшăнусем кĕртмелле;

в) курттăмăн суту-илӳ тăвассине тата оптовăй базăсен ĕçне нумай лайăхлатмалла, промышленноçран илекен таварсен пахалăхĕшĕн вĕсен ответлăхне ӳстермелле; промышленность предприятийĕсем суту-илӳ организацийĕсен заказĕсене мĕнле пурнăçланине, промышленность таварĕсен пахалăхĕпе ассортиментне енĕпе суту-илӳ требованийĕсене тата тавар тăратмалли тĕп условисене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслеме таварсен пахалăхĕпе ассортиментне тĕлĕшпе ĕçлекен инспекторсем пулмалла, вĕсене специальнăй пĕлӳ илнĕ, опытлă, пысăк квалификациллĕ работниксенчен уйăрмалла;

г) пир-авăр, тумтир тата атă-пушмак суту-илĕвĕн Главнăй управленийĕсем çумĕнче ассортимент кабинечĕсем организацилемелле. Çак кабинетсен промышленность туса кăларакан таварсен ассортиментне тĕпчесе вĕренмелле, халăх мĕнле таварсем ыйтнине кура таварсен пахалăхĕпе ассортиментне лайăхлатас тĕлĕшпе сĕнӳсем хатĕрлемелле тата çĕнĕ йышши таварсене сарма пулăшмалла;

д) промышленноçпа апат-çимĕç таварĕсем уйăрса памалли 1954 çулхи планăн проектĕнче çакна палăртмалла: Министерствăн оптовăй, выходной тата суту-илӳ базисенче ваккăн суту-илӳ тăвакан организацисене таварсен пĕтĕм ассортиментне тăтăшах парса тăма çителĕклĕ чухлĕ пир-авăр, тумтир, атă-пушмак тата ытти промышленность таварĕсен, çавăн пекех апат-çимĕç таварĕсен куçса пыракан нормативлă запасĕсене тумалла.

4. Рынок валли таварсем илме заказ парас ĕçе хальхи вăхăтра пӳлсе тăни (лимитлани) нумай чухне халăх илмен таварсене промышленность енчен суту-илӳ организацийĕсене вăйпа йышăнтарасси патне, ытлашши таварсем пухăнасси патне илсе пырать, халăх ыйтăвĕсене лайăхрах тивĕçтерес задачăна татса пама кансĕрлет. Çакна шута илсе, СССР Суту-илӳ министерствипе Центросоюза çапла тума хушас: суту-илӳ организацийĕсен промышленноçа заказсем памалли хальхи йĕркене кирлĕ улшăнусем кĕртмелле.

СССР Госпланне, министерствăсемпе ведомствăсене халăха кирлĕ таварсем туса кăлармалли плансем хатĕрленĕ чухне дефицитлă таварсемпе таварсен дефицитлă сорчĕсене туса кăларассине ӳстерме палăртма хушас, çапла вара суту-илӳ организацийĕсен заказĕсене лимитланине пĕтерме май пултăр.

Суту-илӳ организацийĕсене таварсене заявкăсем тăрăх тăратнине çирĕп тĕрĕслесе тăма хушас, ассортимент тĕлĕшпе заказа пăхăнман тата халăх ыйтман таварсене йышăнмалла мар.

Предприятисен директорĕсене тата предприятисен сбыт пайĕсен начальникĕсене çапла тума хушас: суту-илӳ организацийĕсене, вĕсен заказĕсемпе килĕштерсе, çирĕплетнĕ ассортимент тăрăх тата пысăк пахалăхлă таварсем вăхăтра тата пĕтĕмĕшпех парса тăма кирлĕ мерăсем йышăнмалла.

5. Таварсем тăратмалли хальхи условисем таварсен пахалăхĕшĕн кĕрешессине вăйлатас задачăна тивĕçтерсе тăманнине шута илсе, СССР Суту-илӳ министерствипе Центросоюза, тавар тăратакан министерствăсемпе пĕрле, таварсем тăратмалли çĕнĕ тĕп условисем хатĕрлесе пĕр уйăх хушшинче, палăртнă йĕрке тăрăх, çирĕплетме хушас. Çав тĕп условисенче таварсен пахалăхĕпе ассортиментĕшĕн тата вĕсене тăратмалли срокĕсемшĕн тавар тăратакансен тата суту-илӳ организацийĕсен ответлăхне ӳстермеллине палăртмалла.

6. СССР Суту-илӳ министерствине çапла тума хушас: фабрикăсенче çĕленĕ тумтирсене сутнипе пĕрлех, уйрăм çынсен заказĕсем тăрăх суту-илӳ организацийĕсен ательисенче тата мастерскойĕсенче ателье материалĕсемпе заказчиксен материалĕсенчен пысăк пахалăхлă тумтир çĕлессине тата сутассине йĕркелемелле. Çакна май СССР Куллен кирлĕ промышленность таварĕсен министерствине уйрăм çынсен заказĕпе çĕлекен ательисемпе уйрăм çынсен заказĕпе çĕлекен мастерскойсене пурне те 1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа СССР Суту-илӳ министерствине пама хушас.

Союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, Центропромсовета тата Центросоюза вырăнти промышленность, промыслăлла тата потребительсен кооперацийĕн предприятийĕсенче граждансен уйрăм заказĕсемпе тумтир çĕлессине вăйлатма тата çак ĕçе вăйлăн лайăхлатма хушас.

7. Кĕнеке сутас ĕçе малалла лайăхлатас шутпа, СССР Культура министерствине 1954—1955 çулсенче çĕршыври мĕнпур район центрĕсенче кĕнеке магазинĕсем уçма тата хуласемпе рабочи поселокĕсенче кĕнеке магазинĕсен хисепне ӳстерме хушас.

Центросоюза 1955 çулта ялсенче кĕнеке сутассине 1953 çулхинчен икĕ хут ӳстерме хушас.

8. Куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине планлама тата çав таварсене рынок ыйтнă тăрăх тивĕçлĕ пахалăхпа, тивĕçлĕ ассортиментпа суту-илӳ организацийĕсене парса тăнине тĕрĕслеме Машиностроени министерствине, Транспортпа йывăр машиностроени министерствине, Электростанцисемпе электропромышленность министерствине, Оборона промышленность министерствине, Авиаци промышленность министерствине, Хими промышленность министерствине, СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерствине, СССР Вăрманпа хут промышленность министерствине центральнăй аппарат штачĕнче Управленисем е пайсем тума право парас.

Асăннă министерствăсен министрĕсене таварсем туса кăларнине тата куллен кирлĕ таварсене суту-илӳ организацийĕсене тăратнине тĕрĕслесе тăрас ĕçе министрăн пĕрремĕш заместителĕ çине хума хушас.

9. СССР Куллен кирлĕ таварсен промышленность министерствине тата ытти промышленность министерствисене 1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕччен, СССР Суту-илӳ министерствипе тата Центросоюзпа пĕрле, промышленность таварĕсене чĕркеме тата маркировка тума кучухнехи ыйтусене тивĕçтермен гостсемпе техникăлла условисене çĕнĕрен пăхса тухма хушас. Çакна тунă чухне ку ĕçе чылай лайăхлатма кирлине шута илмелле. Вĕсен хăйсен сĕнĕвĕсене СССР Госпланне тăратмалла.

СССР Госпланĕн хăйне тăратнă сĕнӳсем тăрăх правительство татса памалли ыйтусем çинчен пĕр уйăх хушшинче СССР Министрĕсен Советне заключени тăратмалла.

10. СССР Куллен кирлĕ таварсен промышленность министерствине, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине, СССР Вăрманпа хут промышленность министерствине, Металлурги промышленность министерствине, Машиностроени министерствине, Транспортпа йывăр машиностроени министерствине, Электростанцисемпе электропромышленность министерствине, Оборона промышленность министерствине, Авиаци промышленность министерствине, Хими промышленность министерствине, РСФСР Вырăнти тата топливо промышленность министерствине тата Центропромсовета 1954 çулхи январĕн 1-мĕшĕччен куллен кирлĕ таварсен каталогĕсемпе альбомсем туса хатĕрлеме тата вĕсене 1954 çулăн малтанхи çурçулĕнче суту-илӳ организацийĕсене кирлĕ чухлĕ пичетлесе кăларма хушас.

11. СССР Суту-илӳ министерствине, Центросоюза тата суту-илӳ предприятийĕсем тытакан министерствăсене çапла тума хушас: суту-илӳ организацийĕсен аллинче иртнĕ çулсенчен пухăнса пынă таварсене пĕтĕмпех сутса пĕтерме тата кивелнĕ фасонсемпе модельсене çĕнетме кирлĕ мерăсем йышăнмалла; 1953 çулхи IV-мĕш кварталта çак таварсен хакне вăтам шутпа 30 процент таран чакармалла; çак ĕçе 1953 çулта суту-илӳ организацийĕсен усламĕнчен илмелли укçана чакарнипе, потребительсен кооперацийĕ енĕпе вара—вĕсем илекен услам шучĕпе туса ирттермелле: пĕтĕмпе 600 миллион тенкĕлĕх, вăл шутран: государство суту-илӳ организацийĕсем енĕпе—400 миллион тенкĕлĕх, потребительсен кооперацийĕ енĕпе—200 миллион тенкĕлĕх чакармалла.

СССР Суту-илӳ министерствин 1953 çулхи октябрьте СССР Куллен кирлĕ таварсен промышленность министерствинчен йышăнса юлашки темиçе çул хушшинче пухăнса çитнĕ таварсене (атă-пушмак, çĕвĕ изделийĕсем, сăран галантерея тата ыттисем те) СССР Куллен кирлĕ таварсен промышленность министерствин усламĕсенчен 1953 çулта уйăрса илекен укçа шучĕпе пурĕ 90 миллион тенкĕлĕх йӳнетмелле.

СССР Суту-илӳ министерствине, СССР Финанс министерствипе пĕрле, 7 кунлă срок хушшинче асăннă таварсене йӳнетмелли йĕрке туса хума хушас.

12. СССР Суту-илӳ министерствине тата хăйсен аллинче обществăлла апатлану предприятийĕсем тытакан министерствăсемпе ведомствăсене çĕршывра обществăлла апатлану ĕçĕсене пур майсемпе те аталантарас тата лайăхлатас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнма тата çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче лайăх йĕркеленĕ столовăйсен, ресторансен, закусочнăйсен, чайнăйсен, буфетсен йышне чылай ӳстермелле тума, çавăн пекех хатĕрлекен апатсен пахалăхне лайăхлатма тата вĕсен ассортиментне нумайлатма, потребительсен ыйтăвĕсене тивĕçтерес культурăна ӳстерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнма хушас.

Апат хатĕрлемелли ĕçсене анлăн механизацилемелле, обществăлла апатлану предприятийĕсене çурма фабрикатсем тăратма заготовочнăй столовăйсем организацилемелле, пысăк хуласенче ĕççыннисен ыйтăвĕсене хăвăрт тата культурăллăн тивĕçтерме закусочнăйсен тата ытти обществăлла апатлану предприятийĕсен йышне ӳстермелле.

13. Халăх апатланăвĕн ыйтăвĕсем тăрăх наукăпа тĕпчев ĕçĕсене лайăхлатас шутпа, СССР Суту-илӳ министерствине 1954 çулта СССР Суту-илӳ министерствинче ĕçлекен работниксен шучĕпе Мускаври суту-илӳпе обществăлла апатлану енĕпе ĕçлекен наукăпа тĕпчев институтне тата унăн Киев хулинчи филиалне тĕрĕклетме тата аслăлатма хушас.

14. СССР Суту-илӳ министерствине, Центросоюза тата суту-илӳ предприятийĕсем тытакан министерствăсене тавар çаврăнăшĕнчи тăкаксене чакарас тата халăх ыйтăвĕсене тивĕçтерессине лайăхлатас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнма хушас. Ку ĕçсене çак майсемпе туса ирттермелле:

перекетлĕх режимне вăйлатмалла, хуçалăх расчетне тĕреклетмелле, администрацие управлени расхочĕсене, таварсем тата тара сухалса пĕтнине чакармалла, çавăн пекех хушма ĕçре ĕçлекенсене чакармалла;

ĕç вăйĕ нумай ыйтакан ĕçсене механизацилемелле, малтанах виçсе тата чĕркесе хунă таварсем сутассине чылай ӳстермелле, транспортпа тĕрĕс усă курмалла, автомашинăсемпе тата лавсемпе тавар турттарас ĕçсене йӳнетмелле;

предприятисенчен тата базăсенчен пысăк магазинсене тата суту-илӳ организацийĕсен базисене тӳрех таварсем тиесе ярассине ӳстермелле.

15. Машиностроени министерствине пĕр уйăх хушшинче, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствипе СССР Куллен кирлĕ таварсен промышленность министерствипе тата СССР Суту-илӳ министерствипе пĕрле, СССР Министрĕсен Советне машиностроени завочĕсенче аш-какай продукчĕсем, пулă таварĕсем, выльăх-чĕрлĕх çăвĕ, тумтирсем тата ытти таварсем турттарма ятарласа хатĕрленĕ автотранспорт хатĕрĕсем туса хатĕрлесе кăларасси çинчен сĕнӳсем тăратма хушас.

СССР Госпланĕн 1954 çулта материалсемпе техника тăратмалли планра асăннă таварсене турттарма автомобильсем тата ятарласа кузов вырнаçтарса лартмалли прицепсем кирлĕ чухлĕ уйăрса пама пăхса хумалла.

16. СССР Суту-илӳ министерствине, тавар илекенсен интересĕсене çирĕп сыхласа тăмалла тăвас шутпа, суту-илӳ правилисене пăхăнса ĕçленине, ваккăн сутмалли хаксене пăхăннине, тавар тĕрĕс виçсе панине тата сутнă таварсемшĕн укçа тĕрĕс тытса юлнине государство суту-илӳ инспекцийĕ енчен тĕрĕслесе тăрас ĕçе лайăхлатма кирлĕ мерăсем йышăнма хушас. Суту-илӳ предприятийĕсен ĕçĕсене профсоюз активне, лавккасемпе столовăйсен комиссийĕсен, ревизи комиссисен членĕсене тата суту-илӳ работникĕсен активне хутшăнтарса массăллăн тĕрĕслесе тăрас ĕçсене туса ирттермелле.

17. СССР Министрĕсен Совечĕн 1952 çулхи январĕн 16-мĕшĕнче кăларнă 221-мĕш номерлĕ постановленире предприятисемпе хуçалăх организацийĕсене финанс тĕлĕшпе вăхăтлăха пулăшма планран ирттерсе пухнă тупăшран 25 процент уйăрса парасси çинчен тата планран ирттерсе пухнă тупăшран уйăрса илекен укçа тăрăх бюджетпа расчет тăвасси çинчен калакан 50-мĕш тата 51-мĕш пункчĕсемпе СССР Суту-илӳ министерствин, союзлă республикăсенчи суту-илӳ министерствисен организацийĕсемпе предприятийĕсемшĕн тата СССР министерствисемпе союзлă республикăсен министерствисен ГлавУСР-ĕсемшĕн те усă курмалла тăвас.

18. Госбанка суту-илӳ организацийĕсене кивçен укçа парса тăмалли хальхи йĕркене çакăн пек улшăнусем кĕртме хушас:

а) тухăçлă ĕçлекен тата хăйсен оборотри укçи-тенкине тытса тăракан суту-илӳ организацийĕсене, вĕсен халиччен кивçен илнĕ укçана тӳлемелли срок тухнă пулсан, илнĕ таварсемшĕн тӳлеме 30 кун таран срока кивçен укçа памалла;

б) суту-илӳ организацийĕсене кивçен укçа панă чухне претензи тăрăх илмелли дебиторла парăмсене, çавăн пекех суд тата арбитр шыраса илмелле тунă укçана хăйсен укçине хутшăнмалли виçерен чакармалла. Потребитель кооперацийĕн организацийĕсем енĕпе хăйсен оборотри укçи-тенкипе хутшăнмалли виçене таварсене тӳлесе илме сахалтан палăртнă чухлĕ тытса пынă условисенче чакарма пулать.

## II.

## Суту-илӳ предприятийĕсен хисепне ӳстересси çинчен

19. Çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче кашни хулара, кашни яллă районта халăха кирлĕ мĕнпур таварсем сутас ĕçе йĕркелеме кирлине, халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси тата тавар çаврăнăшĕ чылай ӳсмеллине шута илсе, 1954—1956 çулсенче хуласемпе яллă вырăнсенче:

а) 40 пин магазин çĕнĕрен туса лартса уçмалла, вĕсенчен 10,8 пин магазин 1954 çулта, 13,5 пин магазин — 1955 çулта, 15,7 пин магазин—1956 çулта уçмалла. Вăл шутран ССР Союзĕнчи хуласенче, рабочисен поселокĕсенче тата район центрĕсенче специализациленĕ 9 пин магазин, вĕсенчен 3 пин апат-çимĕç продукчĕсем, 6 пин промышленность таварĕсем сутакан магазинсем уçмалла; область центрĕсемпе промышленноçлă хуласенче 100 пысăк тата вăтам магазинсем уçмалла:

б) ресторансем, столовăйсем, закусочнăйсем, кафе, буфетсем пурĕ 11 пин çĕнĕрен туса лартса уçмалла, вăл шутран 1954 çулта—3.150, 1955 çулта—3.700, 1956 çулта—4.150, вăл шутран:

| | 1954 çулта | 1955 çулта | 1956 çулта |
|---|---|---|---|
| Ресторансем, столовăйсем | 1.300 | 1.350 | 1.500 |
| Чайнăйсем | 350 | 350 | 400 |
| Закусочнăйсем, кафе тата буфетсем | 1.500 | 2.000 | 2.250 |

Хуласенче çĕнĕ магазинсем, столовăйсем пуринчен ытларах çĕнĕ çуртсен пĕрремĕш хучĕсенче уçмалла, пĕр хутлă çуртсем тăвакан хуласемпе рабочисен поселокĕсенче тата район центрĕсенче — суту-илӳ предприятийĕсем валли ятарласа туса лартнă çуртсенче уçмалла. Суту-илӳ предприятийĕсем валли тăвакан çуртсенче лайăх оборудовани çителĕклĕ пулмалла, вĕсем тавар илекенсен ыйтăвĕсене культурăлла тивĕçтерме пултарччăр.

Таварсене вырăна илсе кайса сутас ĕçе сармалла. Çав шутпа, ялан сут тăвакан магазинсемпе лавккасем çук ялсенче таварсем сутма 1954—1956 çулсенче автолавккасемпе автоцистернăсем кирлĕ чухлĕ туса хатĕрлемелле.

20. Складсем тата холодильниксем тăвас ĕç юлса пынине пĕтерес тата халăх ыйтăвĕсене татти-сыпписĕр тивĕçтерме таварсен запасĕсем кирлĕ чухлĕ туса тивĕçлĕ условисем хатĕрлес тесе, 1954—1956 çулсенче холодильниксем, апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен склачĕсем, çĕрулмипе пахча çимĕç хранилищисем тумалли программăна çакăн чухлĕ çирĕплетес:

(Юлашки 2-мĕш страницăра).

*СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕн*

# Советла суту-илĕве малалла аталантарса пымалли мерăсем çинчен

(Юлашки. Пуçламăшĕ 1-мĕш страницăра).

холодильниксем 575 пин тонна вырнаçмалăх, гастрономипе бакалея таварĕсем усрамалли складсем 310 пин тонна вырнаçмалăх, промышленность таварĕсем усрамалли складсем 400 пин тăваткал метр, ÿсентăран çăвĕ усрамалли вырăнсем 30 пин тонна вырнаçмалăх, çĕрулмипе пахча çимĕç хранилищисем 700 пин тонна вырнаçмалăх, вырăнсенчи суту-илÿ кантурĕсемпе ОРС-сем валли вакăн тата курттăм сутакан складсем 1.200 пин тăваткал метр чухлĕ туса лартмалла.

21. СССР Суту-илÿ министерствине, СССР Госпланĕпе килĕштерсе, уйăх хушшинче суту-илÿ предприятийĕсем тытакан кашни министерствăпа ведомстви тăрăх çак постановленин 19-мĕшĕпе 20-мĕш пункчĕсенче палăртнă заданисене шута илсе, 1954—1956 çулсенче магазинсем, универмагсем, складсем, холодильниксем çĕнĕрен тумалли тата специализациленĕ магазинсем уçмалли плана çирĕплетме хушас.

22. Суту-илÿ предприятийĕсем тытакан министерствăсемпе ведомствăсене, 1954 çултан пуçласа, магазинсене СССР Суту-илÿ министерстви çирĕплетнĕ типовăй проектсем тăрăх е унпа килĕштернĕ проектсем тăрăх туса лартма хушас; специализациленĕ магазинсене кашни йышши магазинсем тăрăх çирĕплетнĕ требованисемпе килĕштерсе уçмалла.

23. СССР Суту-илÿ министерствине ССР Союзĕнчи суту-илĕве тĕрĕс вырнаçтарма, хуласенче халăх интересĕсене шута илсе суту-илÿ предприятийĕсене тĕрĕсрех вырнаçтарма, çак ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме, çавăн пекех тавар илекенсен ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçе лайăхлатма кирлĕ çĕрте суту-илÿ предприятийĕсене вăйлатмалли мероприятисене пурнăçлама хушас.

24. Республикăсенчи Министрсен Совечĕсене, крайисполкомсене, облисполкомсене, хула Совет исполкомĕсене, министерствăсемпе ведомствăсене çапла тума хушас:

а) пурăнмалли çуртсем тунă чухне, çав çуртсен пĕрремĕш хучĕсенче суту-илÿ предприятийĕсем уçма палăртнă пулсан, пĕрремĕш хутра суту-илÿ предприятийĕсем тумалли çуртсен проекчĕсемпе сметисене пĕтĕм çурт валли проектсемпе сметăсем тунă вăхăтрах туса хатĕрлемелле. Çак ĕçе застройщик валли проект ĕçĕсем тăвас планăн шучĕпе пурнăçламалла;

б) пĕрремĕш хутри строительство ĕçĕсене пурăнмалли çуртсене туса пĕ-

[illegible] вăçĕ уйăхран вăраха хăвармасăр туса пĕтермелле. Суту-илÿ организацийĕсем суту-илÿ предприятийĕсене çурта пурăнма вырнаçнă вăхăтра уçма пултарччăр;

в) 1954 çулхи майăн 1-мĕшĕччен тĕрĕс мар усă куракан магазинсем, столовăйсем, ресторансем, буфетсем, складсем, çавăн пекех суту-илÿ предприятийĕсен ытти çурчĕсене пушатса, СССР Суту-илÿ министерствипе Центросоюз организацийĕсене каялла памалла. Çак задание пурнăçлани çинчен СССР Министрĕсен Советне 1954 çулхи июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне отчет тăратмалла. Малашне суту-илÿ предприятийĕсен çурчĕсене туртса илмелле мар тума хушас.

г) суту-илĕвĕн çĕнĕ предприятийĕсене лартма çĕр участокĕсене вăхăтра уйăрса памалла, çавăн чухне магазинсене уйрăм районсем, хулан кварталĕсемпе урамĕсем тăрăх тĕрĕс вырнаçтарса тухма палăртмалла.

25. СССР Вăрман тата хут промышленность министерствине, СССР Суту-илÿ министерствипе пĕрле, пĕр уйăхлăх срокра СССР Министрĕсен Советне СССР Вăрман тата хут промышленность министерстви предприятийĕсенче, 1954 çулхи пĕрремĕш кварталтан пуçласа, çурт пайĕсене пухса тунă стандартлă магазинсем тата суту-илÿ ĕçĕ валли пухса тунă стандартлă оборудовани (шкафсем, прилавкăсем) тума тытăнасси çинчен сĕнÿ тăратма хушас.

26. Холодильниксен автоматла компрессорĕсене тата холодильниксен оборудованине суту-илÿ предприятийĕсем валли туса кăларассине 1956 çулта, 1953 çулхипе танлаштарсан, 3 хут ÿстерме, çавсене обществăлла апатлану предприятийĕсем валли туса кăларассине 8 хут ÿстерме, кассăсен аппарачĕсене туса кăларассине 4,5 хут, суту-илÿ транспорчĕн оборудованине туса кăларассине 5,5 хут ÿстерме кирлĕ тесе шутлас. СССР Госпланне çулталăклăх плансенче çулте асăннă оборудование тивĕçлĕ министерствăсем енĕпе туса хатĕрлессине палăртса пама хушас.

27. ССР Союзĕн Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерствине, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине тата союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсене государствăн суту-илÿ организацийĕсен тата потребительсен кооперацийĕн автомобилĕсене юсас ĕçе пурнăçласа пыма хушас,

## III.

## Кадрсем хатĕрлессине лайăхлатас тĕлĕшпе тумалли ĕçсем çинчен

28. Советла суту-илÿ енĕпе тавар çаврăнăшне мĕн май килнĕ таран вăйлатма пултаракан специалистсен кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлес тата суту-илĕве организацилессине лайăхлатас шутпа, çапла тума кирлĕ тесе шутлас:

а) суту-илÿпе экономика институчĕсене тата аслă шкулсен факультечĕсене 1953 çулта 2.200 çын вĕренме илнĕ пулсан, 1954 çулта 3.000 çын, 1955 çулта 3.500 çын вĕренме илмелле тăвас, çав шутран СССР Культура министерстви финанспа экономика институчĕсемпе политехникăлла институчĕсен тата университечĕсен факультечĕсене вĕренме илмеллисен йышне—1.000 çын таран ÿстермелле. çавăн пекех советла суту-илĕвĕн Пĕтĕм Союзри заочнăй институтне 1953 çулта 2.500 çын вĕренме илнĕ пулсан, 1954 çулта 3.000 çын вĕренме илмелле;

б) СССР Культура министерствине пăхăнса тăнă çак институтсене СССР Суту-илÿ министерстви аллине парас: Мускаври халăх хуçалăхĕн Г. В. Плеханов ячĕпе тăракан институтне; Ленинградри советла суту-илÿн Ф. Энгельс ячĕпе тăракан институтне; Самаркандри советла суту-илÿн В. В. Куйбышев ячĕпе тăракан институтне; Харьковри советла суту-илÿ институтне тата Советла суту-илÿн Пĕтĕм Союзри заочнăй институтне; аслă шкулсенче суту-илÿ специалисчĕсене вĕрентсе хатĕрлессине методика енĕпе пĕтĕмĕшле ертсе пырас ĕçе СССР Культура министерстви аллинчех хăварас;

в) СССР Суту-илÿ министерствине çапла тума хушас:

суту-илÿ ĕçĕнчи ертсе пыракан чи лайăх работниксем хушшинчен, çак ĕçĕн специалисчĕ пулма аслă шкултан тата вăтам шкултан вĕренсе тухманнисенчен, специалистсем хатĕрлессине 1955 çулта çак тисепе çитермелле: кашни çулах суту-илĕвĕн аслă шкулĕнче 200 çын, суту-илÿ ĕçĕн икĕ çуллăх курсĕсенче 1.000 çын вĕрентмелле;

специальность енĕпе вăтам пĕлÿ илнĕ суту-илÿ работникĕсен вĕрентсе хатĕрлевен техникумĕсене 1953 çулта 7.100 çын илнĕ пулсан, вĕсенче вĕренекенсен йышне 1954 çулта—8.000 çын, 1955 çулта 10.000 çын таран ÿстермелле, çав шутран обществăлла апатлану енĕпе ĕçлекен специалистсем пулма вĕренме илмеллисен йышне 2.000 çын таран ÿстермелле, çавăн пекех советла суту-илÿн Пĕтĕм Союзри заочнăй техникумĕнче вĕренме 1953 çулта 2.000 çын илнĕ пулсан, 1954 çулта унта вĕренме 4.000 çын таран илмелле;

ваккăн тата курттăмăн суту-илÿ тăвас ĕç валли, обществăлла апатлану валли массăлла професси работникĕсем вĕрентсе хатĕрлессине çакăн чухлĕ ÿстермелле: суту-илÿ ĕçне тата апат-çимĕç пĕçерме вĕрентекен шкулсенче, суту-илÿ ĕçĕн специальнăй шкулĕсенче 1953 çулта 18.800 çын вĕренет пулсан, 1954—1955 çулсенче çав шкулсенче кашни çул 25.000 çын вĕрентмелле тумалла, кашнине уйрăммăн тата бригадăсем туса 1953 çулта 13.600 çынна вĕрентессĕ пулсан, 1954—1955 çулсенче çак майпа кашни çул 25 пин çын вĕрентмелле тумалла, суту-илÿ работникĕсен квалификацине ÿстермелли курссенче 1953 çулта 89.200 çын вĕренет пулсан, 1954—1955 çулсенче çав курссенче кашни çул 128.000 çын вĕрентмелле тăвас пулать. Массăлла профессисене заочнă вĕренмелли курссенче 1953 çулта 3.000 çын вĕренет пулсан, 1954 çулта вĕсенче вĕренме илнисен йышне 5.000 çын таран ÿстермелле;

тĕп профессиллĕ суту-илÿ работникĕсене—продавецсене, поварсене, счетоводсене тата ыттисене те—вĕрентсе хатĕрленĕ чухне кашнине уйрăммăн тата бригадăсем туса вĕрентессине анлă сармалла. Вĕсене вĕрентме тухакан расходсене кадрсем вĕрентсе хатĕрлеме тата кадрсен ăсталăхне ÿстерме уйăрса паракан укçаран тÿлемелле, çак ĕçе тума укçа уйăрса памалли нормăсене тата çав категорири работниксен йышĕ мĕн чухлĕ пулмаллине çĕнĕрен пăхса тухса, кирлĕ пек улăштармалла;

г) 1954—1956 çулсенче 12 техникум валли вĕренмелли çуртсем лартма, суту-илÿ ĕçне вĕрентмелли 13 шкул лартма тата техникумсемпе шкулсенче вĕренекенсем пурăнмалли 39 çурт лартма палăртса хумалла.

## IV.

## Ялсенче суту-илĕве лайăхлатасси çинчен

29. Колхозниксем, ялти интеллигенци, совхозсемпе МТС-сенчи рабочисем куллен кирлĕ таварсем ыйтнине, колхозсем — производствăра усă курмалли таварсем ыйтнине тулăнрах тивĕçтермелле тăвас шутпа, Центросоюза çак ĕçсене тума хушас:

а) ялти халăха, çавăн пекех колхозсене кирлĕ таварсене сутас ĕçе анлă сармалла, суту-илÿре тавар çитменни пулмалла мар, ваккăн суту-илÿ тăвакан предприятисене таварсем вăхăтра илсе пыманни пулмалла мар.

Халăх мĕнле таварсем ыйтнине лайăх тĕпчесе вĕренес тата пур енчен те шута илсе пырас ĕçе ялсенче организацилемелле, çавăн тăрăх вара промышленносран кирлĕ таварсене туса кăларма ыйтмалла; республикăсене, крайсене, облаçсене, районсене, ялсемпе поселоксене кирлĕ таварсем илсе пырас ĕçе тĕрĕс йĕркелемелле, халăх ыйтман таварсене, пахалăхĕ начар таварсене промышленносран илмелле мар;

б) колхозниксем, çавăн пекех колхозсем йывăç, цемент, çивитилĕх материалсем, пăта тата строительствăра кирлĕ ытти материалсем, производствăра кирлĕ таварсем сутма ыйтнине тивĕçтерме çав таварсемпе суту-илÿ тăвассине анлăн сармалла.

1954—1956 çулсенче строительство материалĕсем тата производствăра кирлĕ таварсем сутма çĕнĕрен 1.700 магазинпа склад уçмалла;

в) магазинсемпе лавккасем çук пысăк мар ялсемпе поселоксенчи халăха таварсем сутма таварсене ялсемпе поселоксем тăрăх сутса çÿрессине, çакна расписани тăрăх (унта хăçан таварсем илсе пырассине кăтартмалла) туса пырассине организацилемелле, çав ĕç валли 1954 çулта 500 автолавка тумалла;

г) 1954—1956 çулсенче ваккăн суту-илÿ тăвакан предприятисем 23 пин уçмалла.

1954 çулта район центрĕсем пулса тăракан хуласемпе рабочи поселоксенче промышленность таварĕсем сутма универсальнăй магазинсем туса лартса уçмалла; ялти потребительсен кашни обществинче пĕр универсальнăй магазинтан кая мар пулмалла, халăх пурăнакан пысăк пунктсенче (вырăнти условисене шута илсе) атă-пушмак, çĕвĕ изделийĕсем тата строительство материалĕсем сутма ятарласа магазинсем уçмалла;

д) склад хуçалăхĕ юлса пынине пĕтерес майпа 1954—1956 çулсенче потребительсен кооперацийĕн, райпотребсоюзсен тата потребительсен обществисен курттăмăн тăвакан суту-илĕвĕ валли 1.700 пин тăваткал метр чухлĕ складсем лартмалла, вăл шутран 890 пин тăваткал метр чухлĕ складсене оккупацире пулнă районсенче тумалла;

е) промысла кооперацийĕ çук районсенче халăхăн кулленхи нушисене тивĕçтерме мастерскойсем (çĕвĕ, атă-пушмак мастерскойĕсем т. ыт. те) уçмалла тата юсав ĕçĕнче кирлĕ материалсем сутассине анлăлатмалла;

ж) ялсенче чайнăйсен ĕçне лайăхлатмалла: çуртсене юсамалла, чайнăйсене кирлĕ инвентарьпе оборудовани памалла, апат-çимĕç ассортиментне анлăлатмалла, пĕçерекен апат-çимĕç пахалăхне лайăхлатмалла, потребительсемшĕн тăрăшас ĕçре культурăна ÿстермелле.

30. Центросоюза предприятисенчен тата базăсенчен потребсоюзсен базисене таварсем тиесе ăсатассине анлăлатма хушас, потребсоюзсен базисенче райпотребсоюзсене тата потребительсен обществисене илсе каймалли таварсене сортлас ĕçе йĕркелемелле.

31. Центросоюза облаçсенчи, крайсенчи, республикăсенчи потребсоюзсен курттăмăн тавар сутакан базисен штачĕсене товаровед-инструктор кĕртме ирĕк парас, товаровед-инструктор пулĕн районти райпотребсоюзпа потребительсен обществи пуçне пĕрре пулмалла тата районсенчи потребсоюзсен склачĕсен штачĕсене потребительсен пилĕк обществи пуçне пĕрер товаровед-инструктор кĕртме ирĕк парас, товаровед-инструкторсене потребительсен кооперацийĕнчи работниксен пĕтĕм хисепĕн шучĕпе тытса тăмалла.

32. Потребительсен кооперацийĕн нумай организацийĕсенче ваккăн суту-илÿ тума таварсем кÿрсе пырассине япăх йĕркеленине шута илсе, çавна пула тавар илме кайнă чухне продавецсен магазинсене хупма тивнине шута илсе, Центросоюза çавнашкал практикăна пĕтерме тата суту-илÿ тума таварсем вăхăтра кÿрсе пымалла тума хушас.

Таварсем вырăна турттарса пыма тата вĕсене валеçсе пама Центросоюза 1954 çулта 500 автомашина, çавăн пекех 200 катер уйăрса парас.

33. Союзлă республикăсенчи Министрсен Совечĕсене çапла тума хушас: граждансем тата пурăнмалли çуртсем тăвакан республикăри министерствăсен строительство организацийĕсен вăйĕпе, çавăн пекех облаçсемпе крайсенчи исполкомсен строительство организацийĕсен вăйĕпе, вĕсем ĕçлекен вырăнсенче, потребительсен кооперацийĕн склачĕсене, магазинĕсене, пекарьнисене туса лартмалла.

34. СССР Строительство материалĕсен промышленность министерствине Центросоюз валли çулталăклăх плансенче палăртнă чухлĕ щитсенчен пухмалли магазинсем (унта продавец валли хваттер пулмалла) тата çав магазинсем валли суту-илÿ тумалли типовăй оборудовани комплекчĕсем (прилавоксемпе шкафсем) туса хатĕрлеме хушас.

35. СССР Финанс министерствине çапла тума хушас:

а) Центросоюза магазинсем, складсем лартма тата оборудовани илме 1954 çулта 300 миллион тенкĕ кивçен памалла, çав кивçен панă укçана пилĕк çул хушшинче тÿлесе татмалла;

Центросоюза культфондран юлнă 250 миллион тенкĕпе строительство ĕçĕсенче кивçен майпа усă курма ирĕк парас, çав укçана 5 çул хушшинче каялла тавăрса памалла.

Центросоюз хатĕрлев организацийĕсен тĕп средствисене илнипе СССР Суту-илÿ министерстви умĕнче кивçене кĕнĕ 70 миллион тенкĕ укçана тепĕр вицĕ çултан тÿлесе татмалла тумалла;

б) Торгбанк кантурĕсем çук ялта вырăнсенче тата район центрĕсенче потребительсен кооперацине капитальнăй строительство ĕçĕсене тума кирлĕ укçатенке Госбанк урлă памалла.

36. СССР Госпланне çулталăклăх плансем тăрăх централизованнăй йĕркепе Центросоюза потребительсен кооперацийĕ валли капитальнăй строительство ĕçĕсем тума кирлĕ материалсем, оборудовани, строительство механизмĕсем уйăрса памашкăн палăртса хума хушас.

37. СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине тата Машиностроени министерствине хăйсен завочĕсенче 1954—1955 çулсенче потребительсен кооперацийĕн 1.000 пекарни валли чуста çăрмалли машинăсем, хежсем, çăнăх алăмалли машинăсем тата ытти оборудовани туса хатĕрлесе Центросоюза тăрăхатма, çавăн пекех çав оборудованипе вырнаçтарса лартас ĕçре пулăшма хушас.

38. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине çапла тума хушас:

а) машина-трактор станцисен тата специализациленĕ станцисен мастерскойĕсенче 1953—1954 çулсенче Центросоюз разнарядки тăрăх потребительсен кооперацийĕн тракторĕсене юсаса памалла.

Потребительсен кооперацийĕн тракторĕсене юсама Центросоюзăн хăйĕн фондĕнчен СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви дефектлă ведомоçсем тăрăх запасла пайсем уйăрса памалла тата мĕн чухлĕ расход тухнине кура тракторсене юсанăшăн МТС-семпе специализациленĕ станцисене тÿлесе татмалла;

б) ялхуçалăх ĕçĕсенчен тата хăйсен грузĕсене турттарассинчен пушаннă вăхăтра МТС-семпе хатĕрлев организацийĕсен автотранспортне потребительсен кооперацийĕн органĕсене тата колхозсене памалла, унпа кооперации суту-илÿ организацийĕсене таварсем турттарса пымалла, колхозсемпе колхозниксен ялхуçалăх продукчĕсене колхоз рынокĕсене турттарса пымалла.

39. Центросоюза çапла тума хушас:

а) 1954—1956 çулсенче:

техникумсенче — 20.300 специалист вĕрентсе хатĕрлемелле, вăл шутран: товароведсем—7.400 çын, бухгалтерсем — 8.300 çын тата плановиксем — 3.600 çын;

суту-илÿпе коопераци шкулĕсенче — магазин заведующийĕсем, продавецсем, поварсем, пекарьсем, счет ĕçне туса пыракан тата ытти работниксем 46.500 çын;

кĕске вăхăтлăх курссенче—потребительсен обществисен тата райпотребсоюзсен правлени председателĕсем, суту-илÿ пайĕсен заведующийĕсем, магазин заведующийĕсем, чайнăйсемпе столовăйсен заведующийĕсем тата ытти работниксем 100.000 çын;

б) потребительсен кооперацийĕнче нумай вăхăт хушши ĕçлекен работниксене-практиксене специальнăй пĕлÿ илме пулăшас шутпа, 1954 çулта темиçе облаçшăн ĕçлесе тăракан суту-илÿпе коопераци шкулĕсем 10 шкул организацилес, вĕсене вĕтем [illegible] ма право парас. Çав шкулсенче 1954—1956 çулсенче 1.000 çын вĕрентсе хатĕрлемелле;

в) суту-илÿ, хатĕрлев тата производство предприятийĕсенчех кадрсем вĕрентсе хатĕрлессине анлăн пурнăçласа пымалла,—бригадăсем туса тата уйрăмшарăн та вĕрентмелле; çак майпа, потребительсен кооперацийĕн культфончĕпе усă курса, кашни çулах, ĕçлекенсен йышне план тăрăх палăртнинчен ирттерсе, 50.000 çынтан кая мар вĕрентсе хатĕрлемелле.

40. СССР Культура министерствине çак ĕçсене тума хушас:

а) Львоври суту-илÿпе экономика институтне 1954 çулхи июлĕн 1-мĕшĕччен Центросоюза каялла тавăрса памалла;

б) союзлă республикăсенчи университетсен экономика факультечĕсенче потребительсен кооперацийĕнче ĕçлеме специалистсем хатĕрлемелли ушкăнсем организацилемелле, çав ушкăнсене кашни çулленех пĕтĕмпе 500 çынтан кая мар илмелле.

41. Центросоюза çак ĕçсене тума хушас:

потребительсен коопераци организацийĕсен уставне çирĕппĕн пурнăçласа пымалла, управленипе контроль органĕсене суйлавĕсене уставра кăтартнă сроксенче ирттермелле, çав органсен отчечĕсене пайщиксен пухăвĕсенче итлемелле;

пайщиксене тата вĕсем суйланă ревизи комиссийĕсене, лавкка тата столовăй комиссийĕсене кооперативсен ĕçне тĕрĕслесе тăма анлăн хутшăнтармалла;

потребительсен коопераци организацийĕсенчи суйласа лартнă работниксемпе специалистсене законсăр йĕркепе ĕçрен кăларни тата урăх ĕçе куçарни пулмалла мар.

## V.

## Колхозла суту-илĕве лайăхлатасси çинчен

42. Республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, облаçсенчи, крайсенчи, хуласенчи тата районсенчи ĕçсынни депутачĕсен Совечĕсен исполкомĕсене тата СССР суту-илÿ министерствине çак ĕçсене тума хушас:

а) колхозсемпе колхозниксене хăйсене кирлинчен ытлашши ялхуçалăх продукчĕсене колхоз пасарĕсенче, пуринчен малтан пысăк хуласемпе промышленность центрĕсенче сутма лайăх условисем туса пама тăрăшмалла.

Колхоз пасарĕсене ялхуçалăх продукчĕсем кÿрсе пырассине организацилес ĕçри çитменлĕхсене сывăх вăхăтрах пĕтермелле, çапла вара колхозсемпе колхозниксем хăйсен ытлашши ялхуçалăх продукчĕсене колхоз пасарĕсене кÿрсе пырса сутассине чылай ÿстермелле;

б) колхоз пасарĕсене пурне те пĕр уйăх хушшинче суту-илÿ инвентарĕ, тарасасем тата суту-илÿ тунă чухне тăхăнмалли тумтир çителĕклĕ памалла;

в) колхозсене колхоз пасарĕсенчи павильонсемпе ларексенче вырăн уйăрса памалла, çавăн пекех тата пасарсенче пĕрмаях суту-илÿ тума колхозсене суту-илÿ çурчĕсем арендăна памалла. Колхозсемпе колхозниксене тивĕçлĕ хакпа укçа илсе ялхуçалăх продукчĕсене усрама складсем, çавăн пекех тата суту-илÿ тумалли инвентарь памалла.

Аш-какай тĕрĕслекен тата сĕт тĕрĕслекен станцисене колхозсемпе колхозниксемпĕн пĕр чăрмавсăр ĕçлеттермелле, çавăн пекех тата аш-какай касма, аш-какайпа ытти ялхуçалăх продукчĕсене сутнă чухне висме пулăшмалла;

г) колхоз пасарĕсенче тата пасарсем çумĕнчи урамсенче те колхозсемпе колхозниксене кирлĕ промышленность таварĕсемпе суту-илÿ тăвассине сарса ямалла.

Потребительсен кооперацине, государство суту-илĕвĕн вырăнсенчи органĕсемпе килĕшсе, хуласенчи колхоз пасарĕсенче обоз хатĕрĕсемпе тата лаша кÿлмелли хатĕрсемпе, çавăн пекех производствăра кирлĕ ытти таварсемпе те суту-илÿ тума право памалла;

д) потребительсен кооперацийĕн комисси йĕркипе колхозсемпе колхозниксенчен продуктсем илекен организацийĕсене комисси йышăннă продуктсене сутма тата сыхласа усрама магазинсем, павильонсем, палаткăсем тата склад çурчĕсем памалла;

е) 1954—1956 çулсенче хуласенче çĕнĕрен 508 колхоз пасарĕ тумалла. Хулара ĕçлекен пасарсенче колхозсемпе колхозниксен таварĕсене усрама 750 склад тата 750 холодильник, 750 чайнăй, аш-какай тĕрĕслекен 750 станци тата сĕт тĕрĕслекен 750 станци уçмалла.

СССР Суту-илÿ министерстви, союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсемпе пĕрле, çĕнĕрен колхоз пасарĕсем, складсем, холодильниксем, чайнăйсем тата аш-какайпа сĕт-çу тĕрĕслекен станцисем ăçти вырăнсенче тумаллине 2 уйăх хушшинче пăхса тухса çирĕплетмелле.

43. Центросоюза çак ĕçсене тума хушас:

а) потребительсен коопераци организацийĕсем колхоз пасарĕсенче сутма колхозсенчен ялхуçалăх продукчĕсем комисси илессине пуçласа ямалла, çав продуктсене колхозсемпе калаçса килĕшнĕ хакпа сутмалла, комисси илнĕшĕн потребительсен коопераци организацийĕсе колхозсен укça тÿлемелле;

б) потребительсен коопераци организацийĕсем колхоз пасарĕсенче сутма колхозсемпе колхозниксенчен ялхуçалăх продукчĕсем комисси илмелли условисем йĕркесене икĕ эрне хушшинче туса хатĕрлесе, СССР Суту-илÿ министерстви çирĕплетме тăратмалла.

44. Центросоюза, СССР Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерствине, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайсемпе облаçсенчи ĕçсынни депутачĕсен Совечĕсен исполкомĕсене колхоз пасарĕсене ялхуçалăх продукчĕсем кÿрсе пыма колхозсене автотранспорт пама хушас, вĕсене ытти ĕçрен пушаннă автотранспорта уйăрса памалла, çавăн пекех тата пысăк хуласенче колхозсемпе колхозниксен ялхуçалăх продукчĕсене чугун çул станцийĕсемпе пристаньсенчен колхоз пасарĕсене кÿрсе пырассине организацилемелле, çак ĕçе тума ятарласа уйăрнă груз турттармалли автомобильсем çÿремелле, вĕсен поездсемпе пăрахутсем çитнĕ тĕле пырса тăмалла.

45. Республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, СССР Суту-илÿ министерствипе килĕштерсе, 1953 çулхи IV-мĕш кварталта тата 1954 çулта хальхи колхоз пасарĕсене лайăхлатмалли ĕçсен планĕсене пĕр уйăх хушшинче туса çирĕплетме, колхоз пасарĕсене çĕнĕрен тумашкăн, хальхи пасарсене лайăхлатмашкăн кирлĕ чухлĕ строительство материалĕсем уйăрса пама хушас.

* * *

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ государство, коопераци суту-илĕвне тата колхозла суту-илĕве хăвăрт вăйлатса ярасси партин, советсен тата профсоюзсен мĕнпур органĕсен чи пысăк задачисенчен пĕри пулать, тесе шутлаççĕ. Вырăнсенчи совет, парти тата профсоюз организацийĕсен магазинсемпе столовăйсен ĕçне кулленкун тĕрĕслесе тăрассине пурнăçламалла, советла суту-илÿ принципĕсене пăсниссене хирĕç таткăлăн кĕрешмелле, магазинсемпе столовăйсен ĕçĕнчи палăртнă çитменлĕхсене пĕтерме мерăсем вăхăтра йышăнмалла, халăхшăн тăрăшса ĕçлессине пĕрмаях лайăхлатса пымалла.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ вырăнсенчи совет тăта парти органĕсене çапла тума хушаççĕ: советла суту-илÿ социализмла экономикăн питĕ кирлĕ участокĕсенче пĕри пулнине, советла суту-илÿ работникĕсем вара—социализм ĕçченĕсен отрячĕсенчен пĕри, халăхшăн куллен-кун тăрăшса ĕçлес хисеплĕ задачăна пурнăçласа пыракан отрячĕсенчен пĕри пулнине асра тытса, суту-илÿпе суту-илÿ работникĕсем çине йĕрĕнсе пăхни халĕ те палăрнине пĕтерсе хумалла, суту-илÿ работникĕсем тавра вĕсене юлташла пулăшмалли тата тивĕçлипе хисеплемелли лару-тăру туса хумалла.

Советла суту-илÿ работникĕсен тивĕçĕ суту-илÿ организацийĕсемпе предприятийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене кĕске вăхăтра пĕтересси, советла суту-илĕве çĕнĕ çÿлĕрех сыпăка çĕклесси пулать.

Канашри çу заводĕнче



Канаш хулинче çĕнĕрен туса лартнă çу завочĕ ĕçлет. Заводра чи çĕнĕ машинăсем вырнаçтарса лартнă, ĕçсене механизациленĕ.

Çу завочĕн коллективĕ сентябрь уйăхĕнчи плана 200 процент тултарнă. Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, заводри рабочисемпе работницăсем çак кунсенче пысăк çĕкленÿпе ĕçлеççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: мастер Н. Сюлюкина тата работница А. Кувшинова сĕт виçмелли тараса патĕнче.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## КПСС райкомĕсен пленумĕсем

### Çĕмĕрле

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрь уйăхĕнче пулса иртнĕ Пленумĕн итогĕсем тата районти ялхуçалăхне малалла аталантармалли задачăсем çинчен сӳтсе явма пухăннă КПСС райкомĕн пленумĕ активлă иртрĕ. Пленум парти райкомĕн секретарĕ М. Кузьмин юлташ тунă доклада сӳтсе яврĕ.

Районта ялхуçалăхне аталантарас ĕçре пысăк ситменлĕхсемпе чăрмавсем пур. Чылай колхозсенче вырăнти майсенпе сителĕксĕр усă кураççĕ. Докладчик тĕслĕхшĕн икĕ колхозăн—«Комбинат» тата Калинин ячĕпе тăракан колхозсен ĕçĕсене танлаштарса кăтартрĕ. Ку колхозсен çĕрĕсем юнашарах, сутçанталăк условийĕсем тĕлĕшĕнчен те вĕсем хушшинче уйрăмлăх пысăк мар. Анчах та вĕсем икĕ тĕрлĕ аталанса пыраççĕ. «Комбинат» колхоз курăк акмалли пусă çаврăнăшне йĕркене кĕртсе ситерчĕ, акмалли çĕре удобренисемпе çемçетет, ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра туса пырать, тырпул тухăçлăхне çултан çул ӳстерет. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе те колхоз çĕнĕрен çĕнĕ ӳсĕмсем тăвать. Çак çитĕнӳсем пĕтĕмпех колхозри ĕçе пĕлсе йĕркелесе пынинчен килнĕ.

Калинин ячĕпе тăракан колхозра ĕçсем начах урăхла. Ĕç дисциплини начар. Кунта ялхуçалăх ĕçĕсене яланах кая юлса тăваççĕ. Гектартан 5—6 центнĕртан ытла тырă туса илеймеççĕ. Колхозра выльăх витисем юрăхсăр, çĕнĕрен тумаççĕ.

Кун пек колхозсем районта чылай. Кăçалхи октябрĕн 15-мĕшĕ тĕлне 15 колхоз кĕрхи çĕртме тумалли плана тултарман, 10 колхозра кăна килес çул валли вăрлăх хывнă. Районĕпе 1.512 гектар синчен вырса илнĕ тырра çапман. «Ударник», «14 лет Октября» колхозсенче йĕтĕн татса тата «Победа», Свердлов ячĕпе тăракан, «Авангард», «Красный пахарь», «Полярная звезда» колхозсем çĕрулми кăларса пĕтермен.

Колхозсенче ĕçсем вăхăтра пулса пыман пирки район государствăна ялхуçалăх продукчĕсем памалли плана тултараймасть. Район тырă, çĕрулми, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парас енĕпе те республикăра кайри вырăнта тăрать.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре те çитменлĕхсем чылай. 24 колхозран выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана пур выльăх енĕпе 9 колхоз кăна тултарнă. Выльăх витисем тумалли плана кăçал 30 процент кăна пурнăçланă. Условисем пур пулсан та, колхозсем выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçармалăх утă-улăм хатĕрлемеççĕ. Чылай колхозсем çултан-çул силос хывмалли плана тултармаççĕ.

— Районти хăшпĕр колхозсем юлса пыни—кадрсемпе кирлĕ пек ĕçлеменнинчен килет—терĕ райком членĕ Егоров юлташ.

Егоров юлташ сăмахне çирĕплетсе, Свердлов ячĕпе тăракан колхозри парторганизаци секретарĕ Кузьмин юлташ çапла каларĕ:

— Ертсе пыма уйăрса лартнă пĕр юрăхсăр çын айăпне пула пĕтĕм колхоз темиçе пинпер тенкĕлĕх сиен тӳсет,—тет вăл.—Малта пыракан «Искра» колхоза Свердлов ячĕпе тăракан артельпе пĕрлештернĕ хыççăн пысăк колхоза ертсе пыма И. Ортиков юлташа лартнă. Анчах та вăл сителĕксĕр ертсе пынипе колхоз районта юлса пырать. Тăкак пысăк пулнă пирки лайăх ӳснĕ тырпулах гектартан 5—6-шар центнер кăна пухса илнĕ. 30—40 гектар вика, 5 гектар вир халĕ те хиртех. 50 гектар çинчи улăх утти çулмасăрах юлнă, 50 гектар çинчи çулса пăрахнă утă юрăхсăра тухнă. Выльăх-чĕрлĕх витисене хĕле хатĕрлес тĕлĕшпе те нимĕн те туман. Çак çитменлĕхсем пĕтĕмпех колхоз председателĕ И. Ортиков çаврăнăçсăрлăхĕнчен килеççĕ. Вăл вăхăта киревсĕр ĕçсемпе е сывăрса ирттерет, хăйне критиклекен работниксене ĕçрен кăларать.

«Большевик» завод директорĕ В. Чернов юлташ районти промышленность предприятийĕсем колхозсене пысăк пулăшу пама пултарни çинчен каларĕ.

Пленум йышăннă решенипе ялхуçалăхне малалла аталантармалли майсене палăртнă.

**Е. АФАНАСЬЕВ.**

### Шăхасан

Шăхасан райкомĕн черетлĕ пленумĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсем çинчен тата ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе районти парторганизаци умĕнче тăракан задачăсем çинчен сӳтсе яврĕ.

Докладчик КПСС райкомĕн секретарĕ Родионов юлташ районти чылай колхозсенче тĕштырăпа техникăлла культурăсен тухăçĕ пĕчĕккĕ пулни, уйрăмах выльăх-чĕрлĕх хисепĕ юлашки çулсенче ытла та ерипен ӳсни, пахча çимĕçсем туса илес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пурри çинчен чарăнса тăчĕ.

Районти хăшпĕр колхозсем обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана çултан-çул тултарса пымаççĕ пулин те пуçламăш парторганизацисем çак çитменлĕхе пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх тухăçĕ пысăк мар. Кăçалхи 9 уйăх хушшинче районти колхозсем вăтам шутпа кашни ĕнерен 687 литр кăна сĕт суса илнĕ.

Выльăх-чĕрлĕх тухăçĕ пĕчĕккĕ пулни выльăхсене пăхса усрассине кирлĕ пек йĕркелеменнинчен, выльăх апатне сителĕклĕ таран хатĕрлеменнинчен килет. Нумай колхозсем курăксем, тымарçимĕçсемпе силос культурисем акса тăвас тĕлĕшпе сителĕксĕр ĕçлеççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлес ĕç сителĕксĕр пулса пырать.

Доклад тăрăх прениpe 10 çын тухса каларĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление пурнăçа кĕртсе пыма пулса, райком пленумĕ сӳтсе явнă ыйту тăрăх тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

**В. ВЕСЕЛОВ.**

## Выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма япăх хатĕрленеççĕ

Хĕл сывхарса килет. Колхозсен обществăлла выльăх-чĕрлĕхе тĕрĕс-тĕкел пăхса хĕл каçарма хатĕрленес пулать.

Мĕнле хатĕрленеççĕ-ха Сĕнтĕр районĕнчи колхозсем выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма? Начар, темелле. Силос хывмалли плана район мĕн пурĕ те 50 процент ытларах кăна тултарнă. Тымарçимĕçсене кăларса пĕтермен. Чылай колхозсенче вĕсене пухса кĕртме пачах тытăнман. Выльăх-чĕрлĕх витисене юсаса çĕнĕрен тăвас ĕçе те вăраха янă.

Мичурин ячĕпе тăракан колхозра выльăхсене хĕл каçарма хатĕрленес ĕçсем пуçланман та. Планпа çĕнĕрен чăх-чĕп вити, пахча çимĕç хранилищи тума, пăрусемпе сыснасем усрамалли суртсене тĕпренех юсама палăртнă. Паянхи куна нимĕн те туман. Колхозра строительство бригади ячĕшĕн çеç шутланса тăрать. Унăн бригадирĕ, правлени членĕ С. Бочкарев юлташ выльăх-чĕрлĕх витисене юсас ĕçе пуçарман.

Колхозра выльăх апачĕ сителĕклĕ хатĕрлеме тăрăшмаççĕ. 4 гектар çине лартнă выльăх кăшманĕ питĕ начар пулнă. Ăна та пухса кĕртме тытăнман-ха.

«1905 год» колхозра та выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма япăх хатĕрленеççĕ. Апат сахал хатĕрленнине пула иртнĕ çул колхоз чылай йывăрлăхсем тӳссе ирттернĕ. Кăçал та кунта выльăхсем валли сителĕклĕ апат хатĕрлессишĕн тăрăшмаççĕ. Çĕрулмине халиччен те кăларса пĕтермен, тымарçимĕç культурисене пухса кĕртме тытăнман. Силос хывмалли плана 59 процент кăна тултарнă. Çĕнĕ витесем тăвас, кивисене юсас ĕçсене тумаççĕ. Фермăсенче ĕçлеме 2 доярка, 4 свинарка тата ытти кадрсем 5 çын ситмеççĕ.

Çакăн пек тĕслĕхсене Чкалов ячĕпе, Ворошилов ячĕпе, Свердлов ячĕпе тăракан, «Хлебороб» тата ытти чылай колхозсенче те курма пулать. Çак колхозсенче çĕрулми аврипе тата тымарçимĕçсен сулçине силос хывнă çĕрте усă курмаççĕ. «Хлебороб» колхозра арпа-улăм йышши апатсене те 25 процент чухлĕ кăна хатĕрленĕ. Çав вăхăтрах комбайнпа вырнă 29 гектар çинчи сĕлĕ улăмĕ халĕ те пуçтарăнмасăр выртать.

Районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ (начальникĕ Кожаков юлташ) тата МТС дирекцийĕ (директорĕ Бушников юлташ) колхозсем выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма мĕнле хатĕрленнипе сахал интересленеççĕ. Вĕсен работникĕсем те, Кожаковпа Кушников юлташсем хăйсем те колхозсенче сахал пулаççĕ, выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма хатĕрленес ĕçе лайăхлатма пулăшмаççĕ.

Сĕнтĕр районĕнче выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма лайăх хатĕрленекен колхозсем сук мар. «Колос», «Çĕнĕ Юнга» колхозсем хĕле кăтартуллăн хатĕрленеççĕ. Кунта выльăхсем валли кирлĕ чухлĕ апат-çимĕç хатĕрленĕ, вĕсене хупса усрамалли суртсене юсанă. Анчах ытти колхозсене вĕсем пек ĕçлеме вĕрентсе пыни сук.

Сĕнтĕр районĕнчи колхозсен выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма лайăх хатĕрленме кирлĕ условисем сителĕклĕ. Çак ответлă ĕçе тĕпренех лайăхлатни тата ăна конкретлă ертсе пыни кирлĕ.

«Коммунизм ялавĕ» бригади:
**П. СКВОРЦОВ, А. СОЛОВЬЕВ, Н. ЦВЕТКОВ.**

## Çĕрулмине хăвăртрах кăларса пухмалла

КУСЛАВККА. Районти чылай колхозсем çĕрулмипе пахча çимĕçсене вăхăтра пухса кĕртрĕç. «Алга», «Кзыл куч», «Динамо», «Правда», Жданов ячĕпе тăракан колхозсем государствăна çĕрулми памалли плана та тултарнă.

Анчах та çĕрулми кăларас тата ăна государствăна парас ĕçсем, районĕпе илсен, чăтма çук юлса пыраççĕ. Октябрĕн 15-мĕшĕ тĕлне кăларман çĕрулми 335 гектар ытла пулнă. Государствăна çĕрулми памалли плана та çурринчен кăшт ытларах кăна тултарнă.

«Победа» колхоз правленийĕ çĕрулмине пухса кĕртессине вăйлатма тăрăшмасть. Колхоз председателĕ Д. Абрамов юлташ ĕçкĕ-çикĕсенче сӳрет. Пуçламăш парторганизаци секретарĕ Я. Павлов юлташ та колхозниксен ĕçри активлăхне ӳстерес тĕлĕшпе нимĕн те тумасть. Кунта партипе правительство ялхуçалăхне малалла вăйлатмалли мерăсем çинчен йышăннă постановленисем тăрăх колхозниксем хушшинче ăнлантару ĕçне тумаççĕ. Ахальтен мар ĕнтĕ 72 гектар çинчи çĕрулмие çав тери ерипен кăлараççĕ, кăларман çĕрулми тата 40 гектар юлнă. Государствăна çĕрулми пама пачах тытăнман. Çав вăхăтрах колхозăн автомашини ĕçсĕрех ларать. Ĕçсем çакăн пек япăх пынине колхоз председателĕ Абрамов юлташ çанталăк сумăрлă тăнипе витме хăтланать.

Çак колхозра райсовет исполкомĕн, КПСС райкомĕн представителĕсем пĕрре çеç мар пулнă, анчах вĕсем пырса кайни нимĕнле йĕр те хăварман.

«Коммунар» колхоз та çĕрулми кăларас тата ăна государствăна парас тĕлĕшпе питĕ юлса пырать. «Новый путь», «Красная Чувашия», Молотов ячĕпе, Ворошилов ячĕпе тăракан тата ытти хăшпĕр колхозсем начар ĕçлеççĕ. Ку колхозсенче кăларнă çĕрулмин 10 процентне колхозниксене памалли йĕркепе усă курмаççĕ.

Çĕрулми пухса кĕртес ĕçре колхозсене МТС пысăк пулăшу пама тивĕçлĕ. 5 машинăпа 200 гектар çинчи çĕрулмине кăларса памалла. Паянхи куна вĕсемпе тунă ĕç курăнсах каймасть-ха. Молотов ячĕпе тата Киров ячĕпе тăракан колхозсенче çав машинăсем ахалех лараççĕ.

Государствăна çĕрулми парасси сителĕксĕр пыни хатĕрлев работникĕсем тимсĕр ĕçленинчен те килет. Вырăнти хатĕрлев агенчĕсенчен чылайăшĕ çĕрулми хăй тĕллĕн пухăнасса кĕтсе лараççĕ пулмалла. Вĕсен ĕçне хатĕрлев енĕпе ĕçлекен Г. Крючков юлташ сахал тĕрĕслет.

Суту-илӳ организацийĕсен колхозниксенчен çĕрулми илессине анлăн йĕркелемелле. Анчах райпотребсоюзăн Шăнчасри, Муркарти, Юпсарти тата Çĕнĕ Салари магазинĕсем çак ĕç çине çаврăнса та пăхмаççĕ. Çавна пула райпотребсоюзăн хатĕрлев кантурĕ 400 тонна вырăнне пурĕ те 23 тонна çеç çĕрулми илме ĕлкĕрнĕ. Çакăн пирки хатĕрлев кантурĕн директорĕ Ф. Чиркин юлташ пĕрре те пăшăрханмасть, ĕçе вăйлатма тăрăшмасть.

**Т. ИВАНОВ.**
(Хамăр корр.).

## Коллективла договорсене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслесси çинчен

Коллективла договорсем туни производство планĕсене ирттерсе тултарас, ĕç тухăçлăхне ӳстерес, ĕçе организацилессине лайăхлатас, рабочисен культурăпа йăла условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе хуçалăхпа профсоюз организацийĕсен ответлăхне ӳстерме май паракан паха условисем пулса тăрать.

Коллективла договорсенче илнĕ обязательствăсене пурнăçласа, республикăри промышленность предприятийĕсем нумайăшĕ 9 уйăхри производство планне ăнăçлă тултарчĕç, ĕçе сыхлассине лайăхлатас, рабочисен культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттерчĕç.

Коллективла договорсене мĕнле пурнăçланине кашни кварталта тĕрĕслени пысăк вырăн йышăнать. Иртнĕ висĕ кварталта коллективла договорсене мĕнле пурнăçланине октябрь уйăхĕнче тĕрĕслемелле. Тĕрĕслеве рабочисемпе служащисене активлăн хутшăнтармалла; вĕсем самокритикăна, уйрăмах аялтан килекен критикăна хăюллăн сарса, предприятисен ĕçĕнчи мĕнпур çитменлĕхсене кăтартса пама пултарччăр.

Анчах çакна палăртма тивет: хăшпĕр предприятисенче коллективла договорта илнĕ обязательствăсене пурнăçласси çине çиелтен пăхаççĕ. Унсăр пусне, договорта илнĕ обязательствăсене мĕнле пурнăçланине те кирлĕ пек тĕрĕслени сук. Коллективла договорти пунктсенчен пĕринче каланă тăрăх, предприяти администрацийĕ коллективла договор текстне пичетлеттерсе кашни рабочипе служащие пама пулать. Ун пек тума май килмест пулсан, администрацин коллективла договор текстĕсене пурне те курăнмалли вырăнсенче—цехсенче, пайсенче, клубсенче, хĕрлĕ кĕтессенче тата общежитисенче сыпăçтарса хумалла. Çакă вăл договорта илнĕ обязательствăсене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслес ĕçе массăсене хутшăнтарма, предприятири рабочисемпе служащисен творчествăлла активлăхне вăйлатса пыма май парать.

Договорти асăннă пункта пур çĕрте те тивĕçлипе пурнăçласа пыраççĕ теме çукха. Шупашкарти кондитерски фабрикăра, «Росмясомолстройăн» Чăваш республикинчи трестĕнче коллективла договор текстĕсене рабочисемпе служащисене валеçсе паман. Çав текстсене пурне те курăнмалли вырăнсене те сыпăçтарса хуман. Çак çитменлĕхе пула, кондитерски фабрикăра обязательствăсене пĕрремĕш кварталта мĕнле пурнăçланине кирлĕ пек тĕрĕслеймен. Тĕрĕслӳ итогĕсене августăн 24-мĕшĕнче тин сӳтсе явнă. Ун чухне, тĕрĕссипе илсен, обязательствăсене висĕ кварталта мĕнле пурнăçланине тĕрĕслеме хатĕрленмелле пулнă. Çакă вăл администрацине профсоюз организацийĕ государство планне тултарассишĕн кĕрешес ĕçре коллективла договор пĕлтерĕшне хакламанни çинчен калать.

Коллективла договор пĕлтерĕшне тата ăна мĕнле пурнăçланине тĕрĕслес ĕçе Шупашкарти сăра заводĕнче, Çĕрпӳри пиравăр фабрикинче те тивĕçлипе хакламаççĕ. Çак предприятисен директорĕсем Быковпа Иванов юлташсем, профсоюз организацийĕсем сителĕклĕ çаврăнса пăхман пирки, коллективла договора пĕрремĕш кварталта мĕнле пурнăçланине тĕрĕслес ĕçрен пăрăнса тăнă. Асăннă предприятисенче договора пурнăçлани çинчен сӳтсе явма пухусем ирттермен. Ку вăл кунта критикăпа самокритикăна сарса пыма условисем туса памани çинчен калать.

Тĕрĕслӳ ĕçне профсоюзăн фабрикăпа заводри комитечĕн, администраци представительне тата профсоюз активне анлăн хутшăнтарса, ирттермелле. Ку ĕçре чи малтан тĕрĕслӳ витĕмлĕхĕшĕн кĕрешни кирлĕ. Тĕрĕсленĕ вăхăтра çитменлĕхсем палăрас-мĕн пулсан, вĕсене пĕтерес тĕлĕшпе çийĕнчех мерăсем йышăнмалла.

Хăшпĕр предприятисемпе профсоюз организацийĕсен руководителĕсем тĕрĕслӳ ĕçĕнче йăнăшсем тăваççĕ. Тĕрĕслеве рабочисемпе служащисене, профсоюз активисчĕсене активлăн хутшăнтарас вырăнне, хăшпĕр çĕрте бригадăсем е ятарласа комиссисем тунă. Коллективла договора мĕнле пурнăçланине тĕрĕслеме Улатăрти махорка совхозĕнче темиçе çул хушши ĕнтĕ комиссисем тăваççĕ. Çав комисси председательне, яланхи пекех, совхозри главнăй агронома Брысин юлташа çирĕплетеççĕ. Ятарласа комисси уйăрса стахановецсемпе активистсене ĕçе сителĕксĕр хутшăнтараççĕ.

Коллективла договора мĕнле пурнăçланине тĕрĕсленĕ хыççăн унăн итогĕсене рабочисемпе служащисен пухăвĕнче сӳтсе явас пулать. Çав пухусенче предприяти руководителĕ тата профсоюз комитечĕн председателĕ договорта икĕ енĕ илнĕ обязательствăсене мĕнле пурнăçлани çинчен отчетсем туса пама тивĕç. Пухура критикăпа самокритикăна анлă сарма, ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме пулăшакан сĕнӳсем пама рабочисене условисем туса памалла.

Пухусем ирттерес ĕçре те чылай çитменлĕхсем пулаççĕ. Час-часах пĕр енĕн руководителĕ кăна доклад туса панисем пулаççĕ. Ку пачах тĕрĕс мар. Коллективла договорта администрацие профсоюз организацийĕ пĕр-пĕрин çине обязательствăсем илеççĕ. Апла пулсан, вĕсене пурнăçлани çинчен икĕ енĕн те отчетсем туса памалла. Анчах пур çĕрте те çапла тумаççĕ-ха. Шупашкарти макарон фабрикинче обязательствăсене мĕнле пурнăçлани çинчен фабком председателĕ Митягин юлташ кăна доклад туса панă. Фабрика директорĕ вара докладчик юлашки сăмах каланă хыççăн тин тухса каланă. Шупашкарти 1-мĕш номерлĕ çăкăр заводĕнче коллективла договора пурнăçлани çинчен завком председателĕ Чаплик юлташ кăна доклад туса панă. Завод директорĕ Романова юлташ, отчет тăвас вырăнне, прениpe кăна вĕçкĕ сăмах тухса каланă.

Висĕ квартал хушшинче коллективла договорти обязательствăсене мĕнле пурнăçланине тĕрĕсленĕ чухне çав йăнăшсемпе çитменлĕхсене тумалла мар. Пулас тĕрĕслеве йĕркеллĕ ирттерме тăрăшмалла.

СССР Верховнăй Совечĕн V-мĕш сессийĕ лартнă задачăсене пурнăçлас, куллен кирлĕ тăварсен пахалăхне лайăхлатас, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетес тĕлĕшпе рабочисем паха сĕнӳсем параççĕ. Коллективла договорсене пурнăçланине тĕрĕсленĕ чухне çавăн пек сĕнӳсене ытларах пухма тăрăшмалла. Тĕрĕслӳ производствăри новаторсен творчествăлла активлăхне çĕнĕрен вăйлатма, усă курман майсене палăртма, вĕсемпе малашне ĕçре усă курмалла тума май патăр.

**С. СИМОНОВ.**

### МТС договора пурнăçламасть

ÇĔРПӲ. МТС-ăн «Родина» колхоза договор тăрăх 30 гектар çĕрулми кăларса, 200 гектар кĕрхи çĕртме сухи туса памалла.

Анчах договор тăрăх илнĕ обязательствăсене пурнăçласси çине МТС дирекцийĕ сахал çаврăнса пăхать. Колхоз çĕрулми кăларас ĕçре питĕ юлса пырать пулин те МТС-ран пулăшу сук.

Кĕрхи çĕртме тăвассине хăвăртлатассишĕн те МТС руководителĕсем ответлăх туймаççĕ. Ку таранччен пурĕ те 60 гектара яхăн кăна çĕртме тунă. Колхоза илсе пынă «СХТЗ-НАТИ» трактор пĕр уйăх ĕнтĕ ĕçлемесĕр ларать, ăна хăçан юсаса ĕçе ярасси те паллă мар-ха. Кӳршĕри Чапаев ячĕпе тăракан колхозра та çавăн пекех. Унта «ДТ-54» икĕ трактор 2 эрне ĕнтĕ ĕçлемесĕр тăраççĕ.

МТС колхозпа тунă договор—закон, ăна пăркаланмасăр пурнăçламалла.

**С. НИКИФОРОВ.**

### „Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн

## „Массăсемпе çыхăну тытассине вăйлатмалла"

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра Хĕрлĕ Чутай машина-трактор станцийĕнчи партбюро секретарĕн С. Ильин юлташăн «Массăсемпе çыхăну тытассине вăйлатмалла» ятлă статьи пичетленсе тухнăччĕ. Статьяра Хĕрлĕ Чутай районĕнчи колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен секретарĕсем, ял Совет председателĕсем, районти партипе совет организацийĕсен тата ытти учрежденисемпе организацисен руководителĕсем «Сăнтерӳ çулĕ» хаçат ĕçне сителĕксĕр хутшăннине, районти хаçатра пичетленнĕ критикăллă материалсем тăрăх хăшпĕр организацисемпе учрежденисем тивĕçлĕ мерăсем йышăнманнине кăтартса паначчĕ.

КПСС Хĕрлĕ Чутай райкомĕ «Массăсемпе çыхăну тытассине вăйлатмалла» ятлă статьяна августăн 28-мĕшĕнче райком бюровĕн ларăвĕнче сӳтсе явни, çитменлĕхсене пĕтерес шутпа решени йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

### „Агитатор блокночĕн" черетлĕ номерĕ

КПСС Чăваш обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ кăларакан «Агитатор блокночĕн» черетлĕ, 19-мĕш номерĕ пичетленсе тухнă. Унта Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарни çинчен докладсемпе калаçусем ирттермелли материал пичетленнĕ.

# Мастерскойра

Йĕпреc МТС-ĕн главнăй механикĕ Сергей Васильевич Валуев отпуска кайнăранпа вунă кун иртрĕ. Отпуск вăхăтĕнче ăна курорта е санаторие кайса канма сĕнчĕç

— Хура тинĕс хĕррине кайса вăй пухса кил,—сĕнчĕ директор.

Анчах Валуев килĕшмерĕ, отпуска килӗех ирттерме шутларĕ.

Паян вăл ирхине тăрсан сухалне хырса çăвăнчĕ те, сĕтел хушшине ларса кĕнеке вулама пуçларĕ Суллахи вăрăм кунсем хирте, тракторсемпе ытти машинăсем патĕнче иртсе кайнă. Мастерскойне хатĕрлеме те пайтах вăхăт кирлĕ пулнă: алла кĕнеке тытса ларма май килмен Механик тракторсемпе ялхуçалăх машинисене юсамалли плана тĕплĕн шухăшласа, нумай сулхи опыта хисепе илсе тунă План тăрăх килес çулхи январьте пур машинăсене те юсаса кăларма палăртнă. Çав вăхăтрах, ремонт пахалăхне те нумай аванлатмалла. Иртнĕ сезонра Совет Союзĕнче мала тухнă МТС-а урăхла ĕçлени килĕшмест. Халĕ, отпуск вăхăтĕнче, Валуев, малта пыракансен опычĕ синчен сырнă çĕнĕ литературăпа паллашать.

Хальхи вăхăтра ĕçлĕве ӳстерсе пынăсан чăсах кая юлатăн. МТС-ри машинăсен паркĕ çĕнĕ техникăпа пуянланать. Кăçал кăна утă тăрăх çĕнĕ машина килнĕ. Вуламасан çав машинăсене алла илме сук. Главнăй механикăн хăйĕн кăна пĕлмелле мар вĕт. Унăн ыттисене те çĕнĕ техникăпа ĕçлеме вĕрентмелле, пĕсăкан тӳрлетсе памалла...

Вуланă хушăра Валуев чӳрече витĕр тулалла пăхса илчĕ. МТС килкартинче комбайнсем курăнаççĕ. Чи хĕрринчи самоходнăй комбайн патĕнче Шмагин тăрать.

— Тăвата кун чакаланать-и-ха вăл комбайн патĕнче?—хăй ăшĕнче шухăшласа илчĕ Валуев.— Шмагин опытлă комбайнер. Халиччен кун пек пулакан марччĕ-ске. Е пĕр-пĕр пайĕ ванса кайнă-ши?

Шмагин комбайн тавра çаврăнкаласа сӳренине курсан, главнăй механик килĕнче тӳссе лараймарĕ. Сийĕнчи костюмне хывса çакрĕ те, машина çăвĕпе варалансa йăлтăртатакан пулнă фуфайкине тăхăнса, МТС килкарти еннелле утрĕ.

— Вăй патăр!—тесе, комбайн пайĕсене хытаракан Шмагин хыçне пырса тăчĕ Валуев.

— Тавтапуç,— механик çине кăшт пăхса илчĕ те, каллех ĕçлеме пуçларĕ Шмагин.

— Мĕн тăватăн çак эсĕ?

— Ал-ура ăшшинче комбайна юсаса лартас терĕм. Тырă вырма тухиччен тек алăпа пырса тĕкĕнмелле ан пултăр.

— Вăт мĕнле... Эпĕ комбайнăн пĕр-пĕр пайĕ ванса кайнă пулĕ тесе.

— Вырнă чухне ванмани халĕ тин пăсăлас сук ĕнтĕ.

— Час юсаса пĕтеретĕн-и?

— Пĕтернĕпе пĕрех. Ыран тĕрĕслеттересе акт сыртарма шутлатăп.

Пăртак каласа тăнă хыççăн механик мастерской еннелле утрĕ.

«Шмагин çирĕм çул комбайнпа ĕçлет. Вăл юсанине никам та тиркес çук. Капла пĕр комбайна юсаса пĕтернĕ тесе шутлама пулать-ха. Октябрьте вунă сеялкăпа культиватор юсама палăртнăччĕ. Вĕсене мĕнле юсаççĕ-ши?»

Мастерскойне каякан Валуев шухăшласа пынă май тимĕрçĕ лаççи еннелле пăрăнчĕ.

Сынсем ахаль ларман мĕн. Октябрь уйăхĕнчи сакăр кун хушшинче вунă сеялка, вунă культиватор юсанă. Уйăх вĕçлениччен тата çавăн чухлĕ юсашăн. Механик кашни машинăна тĕрĕслесе пăхрĕ Анчах пĕр кăлтăк та тупаймарĕ.

«Вунă кун хушшинче мĕнле улшăну пулнă» шухăшласа пырса кĕчĕ вăл мастерскойне.

Министерствăран панă планпа МТС-ăн октябрьте висĕ трактор юсаса кăлармалла. Мастерской пилĕк трактор кĕртсе лартнă Вĕсене пурне те салатса пăрахнă. Механик-контролер Быков тракторăн сап-сутă пуличчен суса тасатнă пайĕсене приборпа висе тĕрĕслесе, тепĕр хут усă курма юранипе юраманнине кăтартса парать.

Быков ĕлĕк трактор бригадин бригадирĕ пулнă. Ун хыççăн МТС-ран пăрахса кайса, чайнăй заведующийĕн заместителĕ пулса ĕçленĕ. Халĕ, парти чĕннĕ хыççăн, каллех МТС-а килсе механик-контролера кĕнĕ. Валуев ĕçе çиелтен тунине юратмасть. Çавăнпа вăл Быков алăнчи приборa илсе хăшпĕр пайсене тепĕр хут тĕрĕслесе пăхрĕ. Быков хăйĕн ĕçне тĕплĕ тунă мĕн. Вăл усă курма хушнă пайсем пурте юрăхлă.

— «СХТЗ»-па «У-2» тракторсем ĕçта?—кăмăллăн кулса тăракан Мамонтовран ыйтрĕ Валуев.

— Вĕсене юсаса кăлартăмăр,—пĕлтерчĕ мастерской заведующийĕ Мамонтов.

— Хăвăрт юсатăр.

— Хăвăртти-мĕнĕ... Мастерскойри ĕç çăмăлланчĕ. Ĕлĕк трактор пайĕсене кувалдăпа шаккаса кăларраттăмăр. Халĕ пресс пусса кăларать. Запаслă пайсем те кăçал пĕлтĕрхинчен нумайтарах. Хамăр та чылай хатĕрленĕ. Çавăнпа пĕлтĕрхинчен хăвăртрах пулать.

— Капла, хамăрăн планра палăртнă пек, октябрьте вунă трактор юсаса кăларатпăрах.

— Висĕмкун пухура механизаторсем Октябрь уявĕ тĕлне вунтăватă трактор юсаса кăларма сăмах пачĕç.

Кăçал МТС-ри механизаторсем, чăнах та, тракторсемпе ялхуçалăх машинисене юсамалли кĕркуннехипе хĕллехи сезона нихçанхинчен лайăх хатĕрленнĕ. Ĕлĕкхи мастерской сумне тракторсене салатмалли тата пайĕсене суса тасатмалли çĕнĕ цех туса лартнă Çĕнĕ цех тунă хыççăн мастерскойра пĕр вăхăтрах вунпилĕк трактор лартса юсама пулать. Çĕнĕ электростанци лартса мастерскойне энерги ытларах парса тăрассине аванлатни те станоксемпе туллин усă курма пулăшать.

Мастерской валли кăçал тимĕр шăтармалли станок, блоксене тĕрĕслемелли стенд, трактор пайĕсене суса тасатмалли машина, вунă тоннăллă вăйпа пусакан кусăрса сӳремелли пресс, электричество вăйĕпе ĕçлекен мăлатук т. ыт. оборудовани те туяннă. Вĕсене пурне те ремонт сезонĕ пуçланиччен нумай малтан вырнаçтарса лартса тĕрĕслесе пăхнă.

Станоксемпе оборудованипе вырнаçтарса лартассине механизаторсем творчествăлла тунă. Вĕсен ĕçĕпе паллашсан, механизаторсем вăйпа вăхăта перекетлеме пĕлни савăнтарать. Акă, мотора сивĕлле тата вĕрилле ĕçлеттерсе якатассипе унăн вăйне висессине илер. Ĕлĕк çав ĕçсене тунă чухне мотора вырăнтан вырăна куçарса сӳресе вăхăт нумай иртнĕ. Главнăй механик Валуев сĕннипе халĕ вăл стендсене пурне те пĕрле сыхăнтарса лартнă. Çапла вара мотора вырăнтан хускатмасăрах сивĕлле е вĕрилле ĕçлеттерсе якатма та, унăн вăйне висме те пулать.

Çав вăхăтрах механизаторсем МТС килкартинче тырпула электромагнитпа тасатмалли машина тата клевер вăрлăхне сортласа уйăрмалли сортировка та лартма ĕлкĕрнĕ.

Рабочисем валли общежити хатĕрлени синчен те ырă сăмахпа асăнмасăр иртсе кайма çук. Юлашки вăхăтра МТС дирекцийĕ хăйĕн кадрĕсен пурнăçне аванлатас тĕлĕшпе ытларах тăрăшма пуçларĕ. Рабочисем валли ăшă та çутă общежити хатĕрленĕ Выртса тăмаллисем те пур. Анчах дирекципе парторганизаци кун чухлĕ тунине иеплe те сителĕклĕ тесе шутласшăн мар Вĕсем кашни рабочи вырăнĕ çине шапшурă простăнь сарасшăн, йывăç кроватьсем вырăнне тимĕр кроватьсем лартасшăн.

Специалистсем хатĕрлессине тĕп вырăна хураççĕ. Кăçал МТС-ăн 25 çынна тракторист пулма, 5 çынна комбайнер пулма вĕренме ямалла пулнă. Вĕсем трактористa вĕренме 35 çын, комбайнера вĕренме 11 çын янă. Вĕренме кайисенчен улттăшĕ парти чĕннипе МТС-а килнĕ тавраннă юлташсем. Ыттисем кĕске вăхăтлăх курс пĕтернĕ хыççăн тракторист, комбайнер, плугарь пулса ĕçленĕ.

Главнăй механик калаçма чарăнса трактор юсакан рабочисем çине пăхма пуçларĕ Сынсем пурте хавхаланса, пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ.

— Ку мĕнле ача?—ыйтрĕ вăл иккĕмĕш бригадăри бригадир помощникĕ В. Горбунов коммунистпа пĕрле трактор пайĕсене пуçтаракан сынна курсан.

— Пирĕн бригадăра плугарь пулса ĕçленĕ комсомолец Алеша Хлебнов,—ответлерĕ Горбунов.

— Мисере эсĕ?—Алеша патне пырса тăчĕ Валуев.

— Вунулттăра,— Валуев куçĕнчен шăтарас пек пăхса ответлерĕ Алеша.

— Э-э-э! Ку ачана паллатăп эпĕ. Ытти плугарьсем пăрахрĕç, ку çăвĕпе улшăнмасăр ĕçлерĕ. Питĕ маттур ача. Анчах кунта ĕçлеттерме сăмрăкрах.

— Никам та чĕнмен ăна, хăйĕн ирĕкĕпе килчĕ вăл. Пирĕн Хурамалти Ленин ячĕпе тăракан колхозра трактористсем сахал, тет. Ремонт вăхăтĕнче тракторпа лайăхрах паллашасшăн. Çичĕ çул вĕреннĕ вăл. Трактора часах ăнланса илме пултарать.

— Çавах, мастерскойра ĕçлеттерме ирттерех-ха ăна.

— Ну, паллах, хамăр та хăваласа ямарăмăр ĕнтĕ. Трактора хăвăртрах юсаса пĕтерсе кăçал колхоза ултĕçр тонна тислĕк, пилĕксĕр кубометр пĕрене турттарса парасшăн. Çавăнпа васкатпăр,—хăйсен ĕмĕчĕ çинчен каласа пачĕ Горбунов.

Мастерскойра курса сӳренĕ хыççăн Валуевăн чунĕ савăнчĕ. Киле таврăнсан, вăл каллех кĕнеке вулама пуçларĕ.

**Павел ЩИПЦОВ.**

# Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ

## *Октябрĕн 21-мĕшĕнчи юлашки лару*

ВЕНА, октябрĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Октябрĕн 21-мĕшĕнчи касхи ларăвĕн юлашки пайĕнче конгресс делегачĕсем пĕр шухăш-кăмăллă пулса, пысăк хавхалану-па Ди Витторио доклачĕ тăрăх «Капитализмла çĕршывсемпе колониллĕ çĕршывсенче экономикăпа социальнăй аталанушăн кĕрешес, нацин никама пăхăнманлăхĕне демократиллĕ ирĕклĕхсене хўтĕлес тĕллевпе профсоюзсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен» резолюци, çавăн пекех «Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем патне янă манифест» йышăннă.

Кун йĕркинчи виççĕмĕш ыйту тăрăх—«Колониллĕ тата çурма колониллĕ çĕршывсенче профсоюзсен юхăмне аталантарасси çинчен» тăнă ыйту тăрăх—резолюцие, тĕпрен илсен, ырланă, анчах Тунис делегацийĕ сĕннипе резолюцие редакцилесе ситерме конгресс Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн секретариатне хушнă.

Конгреса хупас умĕн делегатсемпе хăнасем умĕнче Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн председателĕ Джузеппе Ди Витторио кĕске сăмах тухса каланă.

Джузеппе Ди Витторио делегатсене ăшă кăмăлпа кĕтсе илнĕшĕн, конгресс организацилес ĕçре пулăшу панăшăн Венăри ĕççыннисене тав тунă. Вăл Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн ертсе пыракан органĕсене — Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн Генеральнăй Совечĕпе Исполнительнăй комитетне суйланă чух делегатсем пĕр шухăш-кăмăллă пулнине палăртнă.

Конгресс 11 кун ĕçлерĕ, ун ĕçне 79 çĕршыври ĕççыннисен представителĕсем хутшăнчĕç. Конгресс ĕçленĕ кунсем çакна ĕнентерўллĕ çирĕплетсе пачĕç: Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине кĕрекен тата унта кĕмен организацисен делегачĕсен те сўтсе явнă мĕнпур ыйтусем тăрăх пĕрлĕхлĕ пулма пултарчĕç, тенĕ Ди Витторио.

Пирĕн конгресс пĕрлĕхлĕ пулнипе иртрĕ. Халĕ çакăн пек задача тăрать: ку пĕрлĕхе мĕнпур профсоюзсенче, мĕнпур предприятисенче, хуласенче, çĕршывсенче, пĕтĕм тĕнчере тумалла. Пирĕн конгресс рабочи юхăмĕн историйĕнче чи пысăк событи пулчĕ. Конгресс пĕрлĕх ўссе пынине, кĕрешĕвĕн çĕнĕ тапхăрĕ пуçланни çинчен калать. Пирĕн конгресс, тенĕ малалла Ди Витторио, профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери юхăмĕн вăйне ўссĕн кăтартса пачĕ. Халĕ çакăн пек задача тăрать: пирĕн пурнăç условийĕсене хўтĕлессипе кăна чарăнса тăмалла мар. Халĕ пирĕн пурнăç шайне ўстерессишĕн, ĕç укçи ўстерессишĕн çине тăрса кĕрешме тытăнмалла. Ку вăл пурнăç условийĕсене начарлатакан сăлтавсене хирĕç, империализмла монополисене хирĕç, çĕнĕ вăрçа хатĕрленнине хирĕç, васкаса хĕçпăшал хатĕрленине хирĕç татăклă кĕрешĕве сарса пымаллине пĕлтерет.

Мĕнпур çĕршывсенче ĕççыннисен анлă массисене конгресс ĕçĕн итогĕсемпе паллаштарасси чи кирлĕ задача пулса тăрать.

Пирĕн çакна кăтартса памалла: ку конгресс миршĕн, демократишĕн, пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн, ирĕклĕхпе никама пăхăнманлăхшăн кĕрешмелли активлă çĕнĕ майсене палăртрĕ.

Колониллĕ тата çурма колониллĕ çĕршывсенчи ĕççыннисене вĕсен ирĕклĕхĕпе демократиллĕ прависемшĕн пыракан кĕрешĕвĕнче пысăкрах пулăшу пама кирлине Ди Витторио уйрăмах палă тунă.

Ди Витторио юлашкинчен «Миршĕн, ырă пурнăçшăн, ирĕклĕхпе никама пăхăнманлăхшăн, пĕрлĕхлĕ пулса, малалла» тесе каланă хыççăн, залра ларакансем 17 минут хушши тăвăллăн алă çупнă.

Конгресс делегачĕсем тата хăнасен вырăнĕсенче ларакан Австри рабочийĕсем алла-аллăн тытăнса рабочи класăн ĕлĕкхи чаплă юррисене юрланă.

Залра тĕрлĕ халăхсен чĕлхипе:

«Пĕрлĕх!»,

«Мир!»,

«Никама пăхăнманлăх!»,

«Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери аслă федерацийĕ сывă пултăр!» тесе кăшкăрнă сасăсем илтĕннĕ.

# Венăри ĕççыннисен митингĕ

ВЕНА, октябрĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ хупăннă май паян касхине Венăра ĕççыннисен митингĕ пулса иртнĕ. Ана Австрири профсоюзсен пĕрлешĕвĕн «Профсоюзсен пĕрлĕхĕн фракцийĕ» пухнă.

Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн председателĕ Джузеппе Ди Витторио Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕн ĕçĕ çинчен каласа панă, конгресс решенийĕсем мĕнпур çĕршывсенчи рабочисемшĕн пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă.

Унтан Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн вице-председателĕ Н. М. Шверник сăмах каланă.

Совет Союзĕнчи нумай миллионлă ĕççыннисен ячĕпе Н. М. Шверник Австрири рабочисене тăванла салам каланă, вĕсене ĕçре тата мире тĕреклетессишĕн кĕрешес ĕçре ситĕнўсем тума ырă суннă.

Сирĕн çĕршывăн столицинче—Венăра пулса иртнĕ Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ, тенĕ Шверник юлташ, пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисем вăрçă чĕртекенсене хирĕç, демократишĕн, миршĕн пĕрле кĕрешме тачă пĕтĕçнине уççăн кăтартса парать.

Ĕççыннисен интересĕсене хакла хуракансем пурте ĕçпе пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн, ĕç укçине ўстерессишĕн, пур тĕрлĕ налогсене те чакарассишĕн, ĕççĕрлĕхе хирĕç, пĕр тан ĕçшĕн пĕр тан,—арçын е хĕрарăм пулнине, çамрăк е ватă пулнине. мĕнле халăх çыннине пăхмасăр,—тўлемелле тăвассишĕн, ĕççыннисене государствăпа предпринимательсен шучĕпе социальнăй страховани тăвас ĕçе анлă сарассишĕн, рабочисене хирĕçле законсене нăрахăçа кăларттарассишĕн тата профсоюзсене тулли правасем парассишĕн пĕрле кĕрешме Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçĕç.

Çак кĕрешўре капитализмла тата колониллĕ çĕршывсенчи ĕççыннисене Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсенчи профсоюзсен ситĕнĕвĕсем хавхалантарасçĕ. Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсенчи профсоюзсем халăх интересĕсемшĕн тăрăшаççĕ.

Юлашкинчен Н. М. Шверник çапла шанса тăнине палăртнă: Австрири ĕççыннисем мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисемпе пĕрле Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ ертсе пынипе çăкăршăн, миршĕн, демократишĕн кĕрешĕç тата çак çул çинче çĕнтерў тăвĕç.

Митингра çавăн пекех Лю Нин-и, Ломбардо Толедано, Данге тата пĕтĕм тĕнчери профсоюз юхăмĕн ытти паллă деятелĕсем тухса каланă.

## Болгарире Октябрь уявне хатĕрленеççĕ

СОФИЯ, октябрĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири ĕççыннисем Аслă Октябрь 36 çул тултарнă ятпа пуçланă социализмла ăмăртăва анлăрах та анлăрах сарса пыраççĕ. Промышленность предприятийĕсемпе çĕнĕ стройкăсен коллективĕсем ăмăртура производствăлла пысăк ситĕнўсем тăваççĕ. Димитров кăмрăк бассейнĕнчи «7 сентября» çудникри шахтерсем вунă уйăхри программăна иртерсе тултарнă, вĕсем çĕршыва планран иртерсе 76.000 тонна çĕр кăмрăкĕ кăларса панă.

Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа вахтăна тăрса, София хулинчи хут фабрикин коллективĕ октябрĕн 20-мĕшĕ тĕлне планран иртерсе 30 тонна хут туса кăларнă. Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнине Габрово, София, Сливен, Казанлык хулисенчи пир-авăр предприятийĕсенче ĕçлекенсем те производство заданийĕсене иртерсе тултарнипе кĕтсе илеççĕ.

### ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИРЕ ÇАР ПРЕСТУПНИКĔСЕНЕ ИРĔКЕ КĂЛАРАÇÇĔ

ВАШИНГТОН, октябрĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Государство департаменчĕ корреспондентсене çапла пĕлтернĕ: США Германири верховнăй комиссарĕн канцелярийĕ тата Америка çарĕн Европăри главнокомандующийĕн штабĕ çар преступникĕсене каçарас тĕлĕшпе ĕçлекен комитет туни çинчен пĕлтернĕ.

## Польшăра совет кĕнекисен тата пичечĕн эрни пуçланнă

ВАРШАВА, октябрĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Польшăпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăха тĕреклетмелли уйăхлăха иртерни май, Польшăра хальхи вăхăтра «Совет кĕнекисен тата пичечĕн эрни» пырать. Çĕршыври хуласемпе ялсенче кĕнеке пасарĕсем уçнă. Вĕсенче совет кĕнекисене сутаççĕ. Çавăн пекех выставкăсем организациленĕ.

Краковри урамсемпе площадьсенче совет кĕнекисене сутакан ларексем нумай уçнă. Çакăн пек ларексем хулари тĕп рынокра кăна 12 шутланаççĕ. Пур ларексенче те вырăссен классикĕсемпе совет писателĕсен кĕнекисене тупса илме пулать. «Эрне» пуçланнă малтанхи кунсенче техникăлла литература нумай сутнă.

Лодзь хулинчи çамрăксен культура çуртĕнче совет кĕнекисен пысăк выставкине уçнă.

## Корейăри ĕççыннисем вырăс чĕлхине вĕренеççĕ

ПХЕНЬЯН, октябрĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Корейăри тĕп телеграф агентстви Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи ĕççыннисем вырăс чĕлхине юратса вĕренни çинчен пĕлтерет. Канвон провинцийĕнче вырăс чĕлхине вĕренекен курссен шучĕ ўссе пырать. Сентябрь уйăхĕнче Вонсанра вырăс чĕлхине вĕренмелли хулари курс ĕçлеме пуçланă. Курссем Вонсан хулинчи пир-авăр фабрикинче тата ытти предприятисемпе учреждениссенче те ĕçлеççĕ. ССР Союзĕпе культурăллă çыхăну тытас тĕлĕшпе ĕçлекен Корея обществин вырăнти комитечĕсем провинцири нумай уездсенче организациленĕ курссенче те занятисем ăнăçлă пыраççĕ.

Телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, хальхи вăхăтра Суçĕр Пхенан провинцийĕнче вырăс чĕлхине вĕренекен яланхи курссем 112 уçнă, вĕсенче 3 пин çын ытла вĕренет.

### АМЕРИКА ÇАР КАРАПĔСЕМ ТУРЦИ ПОРЧĔСЕНЕ ПЫРСА ÇИТНĔ

СТАМБУЛ, октябрĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Стамбул портне Америка эскадри пырса çитнĕ. Эскадрăна Америкăн 6-мĕш флотĕн карапĕсем кĕреççĕ Вăл шутра: 2 йывăр крейсер, 5 эсминец, авианосец тата ытти карапсем.

Паянах Измир портне Америкăн иккĕмĕш эскадри пырса çитет. Эскадрăна авианосец, 9 эсминец, шыв айĕнче çўрекен 2 кимĕ тата пулăшу паракан судно кĕрет.

## Фредерик Жолио-Кюри пĕлтерни

ПРАГА, октябрĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн секретариачĕ Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн председателĕн Фредерик Жолио-Кюрин çакă пĕлтерĕвне хаçатсенче пичетлесе кăларма панă:

Венăра ноябрĕн 23-мĕшĕнчен пуçласа 28-мĕшне çитиччен Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн сессийĕ пулса иртет.

Вăл хăй иртерекен кампани май мире юратакан мĕнпур çынсем, вĕсем хăйсен ĕлĕкхи е хальхи хирĕçĕвĕсене пăхмасăр, хăйсен правительствисене халăхсен никама пăхăнманлăхĕпе хăрушсăрлăхне хисепленĕ нивĕç çинче нацисем хушшинчи хирĕçўсене пуриншĕн те килĕшўллĕн татса памалла тума хушас тĕллевпе çыхăнса тăракан ыйтусене, уйрăммăн илсен, çак ыйтусене сўтсе явать:

— Водородлă бомбăна тата халăха массăллăн пĕтерекен мĕнпур йышши хĕçпăшалсене чарса лартса тĕреслесе тăрасси тата хĕçпăшалсене чакарасси çинчен;

— Корейăпа Германи ыйтăвĕсене таттса парасси,—ку ыйтусем хальхи вăхăтра пĕтĕм тĕнчери мир ĕçне хăратса тăраççĕ.

### ФРАНЦИ ВЛАÇĔСЕМ АЛЖИРТА КОММУНИСТСЕНЕ ХĔСĔРЛЕÇÇĔ

ПАРИЖ, октябрĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Францин Алжирти сучĕ Алжирти коммунистсен партийĕн виçĕ секретарьне: Ларби Бухалие, Башир Хадж Алие тата Поль Кабаллерона пĕр çуллăха тĕрмене хупса лартмалла тата пысăк штраф тўлеттермелле тунă. Вĕсене нацин никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешекен Тунис халăхĕпе пĕр шухăшлă пулма чĕннĕшĕн айăпланă.

Çак судах «Либерте» хаçат редакторне пĕр çуллăха тата икĕ коммуниста 6-шар уйăхлăха тĕрмене хупса лартмалла тунă. Вĕсене пурне те çав ĕçшĕнех айăпланă.

## Вьетнам Халăх çарĕн çĕнтерĕвĕсем

ПЕКИН, октябрĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви çапла пĕлтерет:

Вьетнам Халăх çарĕн верховнăй командованийĕ пĕлтернинче çапла каланă: Вьетнам Халăх çарĕ 12 уйăх хушшинче, 1953 çулхи июлĕн 1-мĕшĕччен Хĕрлĕ юханшывăн дельтинче тăшманăн 52 пин ытла салтакне стройран кăларнă, вăл шутран 10.550 çынна тыткăна илнĕ. Çак тапхăр хушшинче Вьетнам Халăх çарĕ тăшманăнне 1.628 автомашина, 58 танк, 53 тупă, 259 тонна çар снаряженийĕ, 6 канонерски кимĕ тата 4 самолет пĕтернĕ. Унсăр пуçне тăшман çарĕсем тăракан районсенче 740 километр тăршшĕ шоссе çулне аркатнă. 74 тупă, 2.079 пулемет тата 172 радиоустановка тытса илнĕ.

Çак тапхăр хушшинче Вьетнам Халăх çарĕ тăшмана 162 çирĕплетнĕ пунктран хăваласа кăларнă, халĕ Халăх çарĕ Хĕрлĕ юханшывăн сулахай çыранĕнчи районĕн виçĕ пайран икĕ пайне хăйĕн аллинче тытса тăрать.

## *Тĕнчери шахмат турнирĕнче*

ЦЮРИХ, октябрĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). М. Ботвинникпа иртерекен матча хутшăнма тивĕçлĕ пуласшăн пыракан шахмат турнирĕнче паян тепĕр вăхăта хăварнă партисене выляса пĕтернĕ. Бронштейн Решевскине çĕнтернĕ. Глигорич Кереса выляса янă. Найдорф тепĕр хут вылямасăр тытăнмасăрах Геллера парăннă. Халĕ результатсем çакăн пек:

Василий Смыслов 17,5 очко пухнă, вăл пĕрремĕш вырăн йышăнасси паллă. Бронштейн, Керес тата Решевский 15,5-шер очко илнĕ. Петросянăн—14,5 очко, Геллерпа Котовăн тата Найдорфăн—14-шар очко, Таймановăн—13,5 очко, Авербахăн—13 очко, Болеславскин — 12,5 очко, Глигоричпа Сабон—12-шер очко, Эйвен—11,5 очко, турнира вĕçленĕ Штальбергăн 8 очко.

Октябрĕн 23-мĕшĕнче юлашки, 30-мĕш вăйă пулать. Унта Эйвепе Болеславский, Сабопа Котов, Авербахпа Геллер, Петросянпа Смыслов, Найдорфпа Керес, Таймановпа Решевский, Глигоричпа Бронштейн тĕл пулса выляççĕ.

## Республикăри вырăс театрĕ çĕнĕ сезонта

Паян, октябрĕн 24-мĕшĕнче, республикăри вырăс театрĕн 32-мĕш сезонĕ пуçланать, театр коллективĕ А. Кожемякинăн «Беспокойная должность» ятлă пьесине лартса парать.

Республикăри тата хулари ĕççыннисем вырăс театрне чунтан юратаççĕ, вырăс артисчĕсем лартакан спектакльсене яланах йышлăн çўреççĕ, ăшă кăмăлпа савăнса пăхаççĕ.

Иртнĕ сезонта театр Шупашкарта тата хамăр республика тулашĕнче 350 спектакль лартса панă, вĕсене 100 пин ытла çын пырса курнă. Театр хăйĕн постановкисене Урал рабочийĕсене ăнăçлăн кăтартрĕ. Кизел хулинчи шахтерсем, Чусовой хулинчи металлургсемпе чугун çул çинче ĕçлекенсем пирĕн артистсене хапăл туса кĕтсе илчĕç. Халĕ, октябрь уйăхĕнче, театр хамăр республикăра, Улатăр хулинче пулчĕ, унта чылай пьесăсем лартса кăтартрĕ.

Ноябрьте театр Украина драматургĕсен: Я. Галанăн «Любовь на рассвете» ятлă драмине тата В. Минко çырнă «Не называя фамилии» ятлă сатирăлла комедие лартса кăтартать. Театр çавăн пекех, М. Горькин «Дети солнца» ятлă драмине хатĕрлет. Кунсăр пуçне классиксемпе совет драматургĕсен тата Хĕвеланăç Европăри драматургсен пьесисене те репертуара кĕртнĕ. Куракансем ыйтнипе, иртнĕ сезонта кăтартнă хăшпĕр спектакльсене кăçалхи сезонта та кăтартма палăртнă. Вĕсем: М. Горькин «Последние», Я. Райнисăн «Вей, ветерок», А. Чеховăн «Три сестры», А. Симуковăн «Девицы-красавицы», О. Васильевăн «Земной рай» ятлă пьесисем.

Калас пулать, республикăри вырăс театрĕ куракансем умĕнче пысăк парăмра-ха. Театрăн чи пысăк ситменлĕхĕ вăл—репертуар чухăнни. Иртнĕ сезонта лайăх пьесăсенех ярăх выляса кăтартни те пулкаланă. Тепĕр ситменлĕх вăл çакă пулса тăрать: эпир чăваш драматургĕсен чи лайăх пьесисене çаплах вырăсла кăтартса параймастпăр-ха. Малашне эпир ку ситменлĕхсем пулмĕç тесе шанса тăратпăр. Паллах, «Ялта», «Айдар», «Нарспи», «Энтип» пьесăсене çывăх вăхăтсенчех вырăсла куçармалла.

Н. ЭЛЛЕ,
театр директорĕ.

## ПРОМЫСЛА АРТЕЛĔСЕНЧЕ

Юлашки вăхăтра республикăри промысла артелĕсем туса кăларакан продукцин ассортиментне чылай ўстерне, пахалăхне те лайăхлатсах пыраççĕ. Артельсенче çĕнĕ оборудовани вырнаçтараççĕ, чылай ĕçсене механизацилеççĕ. Нумаях пулмасть артельсем валли кирпĕч тумалли тăватă агрегат, пĕр локомотив кўрсе килнĕ. Агрегатпа кашни сехетре пин чĕр кирпĕч туса хатĕрлеме пулать.

Çитес вăхăтра тĕрлĕ йышши оборудовани тата ытларах кўрсе килме палăртнă. Вăл шутра—мотопомпăсем 4, вагонеткăсем 50, рельссем 36 тонна. Çакă кирпĕч тăвас ĕçе механизацилеме, строительство материалĕсем ытларах туса кăларма май парать.

Çитес çулта артельсенче кирпĕч тăвакан икĕ завод уçма палăртнă. Кашни заводра икшер миллиона яхăн кирпĕч туса кăларма пулать.

Çĕнĕ оборудованипе пуянланнипе пĕрлех, артельсен цехĕсене аслăлатма палăртнă. Кивĕ цехсем вырăнне çĕнĕ йышши продукци туса кăларакан цехсемпе мастерскойсем уçаççĕ. Шупашкарти «Кожупряжь» артель ут таврашĕсем—хăмăтсемпе йĕнерчĕксем, тилхепесемпе пăявсем нумай туса кăларать. Артель çулталăкра пĕр миллион тенкĕлĕх ут таврашĕ туса кăларма пултарать пулсан, килес çул ку хисепе икĕ хут ўстерме палăртнă. Çак артельтех ată-пушмак, хуçалăхра кирлĕ ытти таварсем те темиçе тенкĕлĕх туса кăлараççĕ. Артель членĕсем сентябрь уйăхĕнчи плана 116 процент тултарнă.

Хулари «Кооператор» артельте тĕкĕрсем, щеткăсем, тимĕртен тĕрлĕ савăт-сапа тăваççĕ. Юлашки вăхăтра кунта та продукци ассортиментне ўстернĕ. Халĕ сĕтел пукан цехĕ валли çĕнĕ çурт тăваççĕ. Çак цехра çулталăкра пĕр миллион тенкĕлĕх ытла сĕтелсемпе буфетсем тата комодсем туса кăлармалла пулать.

«Металлист», «Победа», «Красный кустарь» артельсенче те нумай йышши таварсем тăваççĕ. «Металлист» артель Октябрь уявĕ тĕлне цинкпа витнĕ витресемпе ваннăсем тата шыв тытмалли тазсем туса кăларма пуçлать. Нумаях пулмасть «Красный кустарь» артельте çĕвĕ çĕлекен çĕнĕ цех уçнă. Унта çĕвĕ машинисем нумай вырнаçтарнă. Машинăсене электричество вăйĕпе ĕçлеттермелле тăвас тесе халĕ оборудовани майлаштарса лартаççĕ.

## Нумай сроклăха çырăнаççĕ

ЧУРАЧĂК. Колхозсенчи почтальонсем çитес çулшăн хаçат-журнал сарас ĕçĕпе пĕр-пĕрипе ăмăртса ĕçлеççĕ. Аслă Тукаль почта уйрăмĕнчи почтальонсем çак кунсенче 4.500 тенкĕлĕх ытла хаçат-журнал сарчĕç.

Хаçат-журнал сарас ĕçе почтальонсемпе пĕрлех обществăлла уполномоченнăйсем те хастарлă хутшăнаççĕ. Чăрăшри 7 çул вĕренмелли шкулта ĕçлекен Т. Петрова юлташ 1954 çулта илсе тăма учительсемпе вĕренекенсем хушшинче 1.350 тенкĕлĕх хаçат-журнал сарнă.

Г. АЛЕКСАНДРОВ.

## Аванс шучĕпе тырă илеççĕ

СĔНТĔР. Каганович ячĕпе тăракан колхоз кăçал вăйлă тырпул тата пысăк тухăçлă çĕрулми туса илчĕ. Государство умĕнчи обязательствăсене срокчен пурнăçларĕ, вăрлăх фончĕ хыврĕ тата выльăх-чĕрлĕхсем валли апатлăх тырпул çителĕклĕ уйăрса хăварчĕ. Çакăн хыççăн колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх аванс шучĕпе кашни ĕçкунĕ пуçне виçшер килограмм ыраш, урпа, виçшер килограмм çĕрулми, купăста валеççе пачĕç.

Колхозра тăрăшса ĕçленĕ И. Волков, П. Кошкин, И. Пегасов колхозниксен çемйисем 2—3-шер тонна ытла тĕштырă илчĕç.

Д. ВЕРШКОВ.

* * *

ШĂХАСАН. Ухманти «Победа» колхоз государство умĕнчи пĕрремĕш тивĕçе чыслăн пурнăçланă тата вăрлăх фондне çителĕклĕ хывса хăварнă. Кун хыççăн колхозниксене аванс шучĕпе кашни ĕçкунĕ çине 2,5-шер килограмм тырă валеççе пачĕ.

Тăрăшса ĕçлекен колхозниксен çемйисем 100-шер пăт тырă илеççĕ. Сăмахран, Ф. Петров çемйи аванс шучĕпе 160 пăт, И. Николаева çемйи—128 пăт тырă илчĕç. Колхоз ĕçкунĕсем тăрăх çĕрулмипе пахча çимĕç те чылай валеçрĕ.

Г. ЛУЧ.

## Ялсенчен пĕлтереççĕ

**Улмуççи сутса.** Элĕк районĕнчи «Правда» колхоз сад эрни вăхăтĕнче 50 пин тенкĕлĕх улмуççисем сутнă. Колхозăн сутлăх улмуççисем татах нумай. Пурĕ 80 пин тенкĕлĕх улмуççи сутма палăртнă.

П. ПАВЛОВ.

**Киностационар.** Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Андреев ячĕпе тăракан колхозра киностационар ĕçлеме тытăнчĕ. Унта «Горячее сердце», «Семеро смелых», «Адмирал Ушаков», «Колхоз высоких урожаев» тата ытти фильмсене те кăтартрĕç.

П. ПАВЛОВ.

**Колхозсене ĕçлеме кайрĕç.** Елчĕк районĕн центрĕнчи учрежденисенче ĕçленĕ ялхуçалăх специалисчĕсем колхозсене ĕçлеме кайрĕç. Çак кунсенче Килеева, Кузьмина зоотехниксем. Денисов Будрянцев, Нягина, Петров, Пчелова агрономсем колхозсенче хăйсен специальноçĕпе ĕçлеме тухса кайрĕç.

А. МИХАЙЛОВ.

## Выляв укçи

ВĂРНАР. Районти перекет касси государство заемĕсем тăрăх ĕççыннисене выляв укçи нумай тўлет. Кăçал пурĕ 849.195 тенкĕ выляв укçи тўленĕ. Вăл шутра пĕр çын 50.000 тенкĕ, икĕ çын 25.000-шер тенкĕ, пĕр çын 10.000 тенкĕ, тăватă çын 5-шер пин тенкĕ выляса илнĕ.

И. ХАТАЕВСКИЙ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



# Ыйтусемпе ответсем

ЫЙТУ. Çĕр чăмăрĕн пысăкăшне мĕнле виçеççĕ?

Д. Чернов, — Вăрмар районĕнчи Шăхаль ялĕ.

ОТВЕТ. Карттăсемпе глобуссем çинче меридиан текен линисем пулаççĕ. Çĕре тĕрĕс шар тесе шутласан, меридиана çаврака лини тесе шутламалла пулать. Çак çаврака линие—меридиана 360 пая пайлаççĕ, кашни пайне меридианăн пĕр градусĕ пĕкки е, кĕскен, меридианăн пĕр градусĕ теççĕ. Экватортан полюс патне çитиччен меридианра тăхăрвун градус пулать. Градуссене экватортан полюс еннелле шутлаççĕ, вĕсене уйрăхла широта градусĕсем теççĕ. Çĕр çинчи пĕр-пĕр вырăн мисемĕш широта градусĕ çинче вырнаçнине пĕлме йывăр мар. Кĕркунне сентябрĕн 23-мĕшĕнче, е çуркунне мартăн 21-мĕшĕнче широта градусĕсене пĕлме питĕ çăмăл. Тĕрĕс 12 сехетре вертикальнăй линине Хĕвел еннелле каякан лини хушшинчи кĕтесе виçмелле. Сăмахран, çак виçе пĕлнĕ кĕтес 50 градус пулсан, эпир тăракан вырăн çурçĕр енчи 50 градус широтинче пулать, виçнĕ кĕтес 55 градус та 15 минут пулсан, эпир тăракан точка 55 градус та 15 минут широтинче пулать. Тинĕсре çўрекен карапсем çинчи штурмансем карап мĕнле широтара пынине кашни кунах пĕлеççĕ, тинĕс картти çинче хăйсен карапĕн вырăнне паллă туса пыраççĕ. Карттăсем çинче пĕр-пĕр хула мисемĕш широтăра вырнаçнине часах пĕлме пулать. Меридианăн кашни градус пĕкки миçе километр пулнине виçсе илме йывăрах мар. Пĕр меридиан çинче икĕ точка суйласа илеççĕ, çак икĕ точка хушшинче пилĕк градус тейĕпĕр. Халĕ ĕнтĕ суйласа илнĕ икĕ точка хушшине питĕ тĕплĕ виçеççĕ те, ăна пилĕке пайласа кашни градус пĕкки миçе километр пулнине шутласа кăлараççĕ. Пĕр градус пĕкки вăрăмăшне 360 хут илсен, пĕтĕм меридианăн вăрăмăшĕ пулса тухать, меридианăн пĕр градус пĕкки вăрăмăшне 90 хут илсен, экватортан полюс точки патне çитме миçе километр пулнине пĕлетпĕр.

Метрла виçесене тунă чухне Çĕрĕн меридианне калана пек виçсе пĕлнĕ. Малтан Париж хули урлă каякан меридиана ĕлĕкки виçепе виçсе тунă. Ăна 40 миллиона пайласа пĕр пайĕ мĕн вăрăмăш пулмаллине шутласа кăларнă. Çак виçене метр тесе ят панă. Метр тени виçе тенине пĕлтерет. Çапла метр системине тунă чухнехи шутпа Çĕр тавра çаврăнакан меридиан вăрăмăшĕ 40 миллион метр е 40 пин километр пулать. Кайрантарах виçсе меридиан 40 пин километртан кăшт ытларах пулнине пĕлнĕ. Юлашки вăхăтра пирĕн ученăйсем меридиансене питĕ тĕплĕ те тĕрĕс виçсе пĕлнĕ.

Çĕр тĕрĕс шар пулнă пулсан, унăн экваторĕпе меридианĕсем пурте пĕр пекех пулмаллаччĕ. Анчах экватор меридианран вăрăмрах мĕн. 1940 çулта вырăс ученăйĕ Красовский виçнинчен акă çакна пĕлетпĕр: меридиан вăрăмăшĕ 40008 километр, экватор вăрăмăшĕ 40076 километр. Çакăнтан ĕнтĕ эпир хамăр пурăнакан Çĕр тĕрĕс шар маррине куратпăр. Ăна эллипсоид тесен тĕрĕсрех пулать. Çурçĕр полюспа кăнтăр полюса пĕрлештерекен тўрĕ лини Çĕр ăшĕнчен пырать, ăна çĕрĕн пĕчĕк тĕнĕлĕ теççĕ. Çĕр çак пĕчĕк тĕнĕлĕ тавра çаврăнать. Меридиансем пурте экватора икĕ точкăра касса каяççĕ, çак икĕ точка хушшинчи тўрĕ линие Çĕрĕн пысăк тĕнĕлĕ теççĕ. Красовский виçнипе Çĕрĕн пĕчĕк тĕнĕлĕ 12.714 километра яхăн, пысăк тĕнĕлĕ—12.756 километр ытларах шутланать.

Çĕр тĕрĕс шар пулмасан та, эпир ăна шар тесе шутласа пысăк йăнăш тумастпăр. Эпир Çĕрĕн меридианĕпе экваторне те 40-шер пин километр тесе шутласан та йăнăш пĕчĕккĕ пулать. Çавăнпа Çĕре тĕрĕс шар вырăнне хурса, унăн диаметрне шутласа тупма май пур. Çавракăш вăрăмăшне 3,1416 çине пайласан, çавракăшăн диаметрĕ тупăнать. Меридиан вăрăмăшне—40 пин километра 3,1416 çине пайласа хуть те кам та Çĕр диаметрне шутласа кăларма пултарать. Шутласа кăларсан, пирĕн хисеппе Çĕр диаметрĕ унăн пĕчĕк тĕнĕлĕнчен пысăкраххи, пысăк тĕнĕлĕнчен пĕчĕкреххи палăрать.

Çĕрĕн диаметрне тупнă хыççăн, унăн çийĕ миçе тăваткал километр пулнине, калăпăшĕ миçе кубла километр пулнине те шутласа илме йывăр мар. Ку ĕçе геометрие пĕлекенсем лайăхах тума пултараççĕ.

Çĕре пĕр пăрăнмасăр аялалла чавса анас пулсан, Çĕрĕн леш енне тухмашкăн пирĕн 12714 километртан кая мар, 12756 километртан ытла мар чавмалла пулĕччĕ.

Ф. КУЗЬМИН.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09015 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2386. Тираж 20.000 экз.